№ … ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул Август 6
НЕҪНЕРНИКУН
№ 153 (9062)
36-мӗш ҫул тухать.
Хакӗ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Строительство ӗҫӗсен хӑвӑртлӑхне ӳстермелле

Пирӗн ҫӗршыври капитальнӑй строительство Коммунистсен партийӗ лартакан малашнехи питех те пысӑк хуҫалӑхла задачӑсене татса памалли тӗп май пулса тӑрать. Ҫавӑнпа та ӗнтӗ пирӗн партипе правительство строительство ӗҫне аталантарассине яланах пысӑка хурса хакласҫӗ.

Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра строительство ӗҫӗсен калӑпӑшӗ, тӑваттӑмӗш пилӗкҫуллӑхрипе танлаштарсан, 90 процента яхӑн ӳсет. Уйрӑмах пурӑнмалли ҫуртсем лартма, халӑхӑн пурнӑҫпа йӑла условийӗсене малалла лайӑхлатма, культура ыйтӑвӗсене туллин тивӗҫтерме пулӑшакан анлӑ ӗҫсем туса ирттерме палӑртнӑ. Ҫакӑ вӑл пирӗн Тӑван ҫӗршывӑн вӑй-хӑвачӗ пысӑккине, хуҫалӑхӑн социализмла системи капитализмла системӑран нумай малта тӑнине кӑтартать.

Пирӗн республикӑра, пӗтӗм ҫӗршыври пекех, строительство ӗҫӗсем ҫултан-ҫул сарӑлса пыраҫҫӗ. Шупашкарта, Канашра, Ҫӗмӗрлере, Улатӑрта тата ытти хуласемпе районсенче те ҫӗнӗ предприятисем, шкулсемпе больницӑсем, пурӑнмалли ҫуртсем нумай тӑваҫҫӗ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче республикӑра строительствӑпа монтаж ӗҫӗсене туса пыма ятарласа темиҫе организаци уҫнӑ. Вӗсем хӑватлӑ механизмсемпе хӗҫпӑшалланнӑ. Строительствӑра кирлӗ детальсем туса кӑларма хушма предприятисемпе мастерскойсем организациленӗ. Малта тӑракан техникӑна алла илнӗ строительсен кадрӗсем ӳссе ҫитӗнчӗҫ. Халӗ стройкӑсенче вӑхӑтлӑха пынӑ ҫынсем мар, яланлӑха пынӑ, пуҫаруллӑ рабочисем ӗҫлеҫҫӗ. Вырӑнти материалсем—кирпӗч, известь, черепица туса кӑларасси сарӑлса пырать. Кӗскен каласан, пысӑклатнӑ строительство планне тултарма пирӗн мӗн кирли пурте ҫителӗклӗ.

Республикӑри строительсем, пӗтӗм совет халӑхӗ пекех, Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ лартнӑ пысӑк задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлассишӗн вӑя шеллемесӗр кӗрешеҫҫӗ. Стройкӑсенче ҫулталӑкри плана срокчен тата ирттерсе тултарассишӗн, пур ӗҫе те пысӑк пахалӑхпа тӑвассишӗн, материалсене перекетлессишӗн социализмла ӑмӑрту сарӑлчӗ.

Строительсен политикӑлла активлӑхӗпе ӗҫри хастарлӑхӗ вӑйланса пынине пула кӑҫалхи пӗррехмӗш ҫурҫуллӑхра, пӗлтӗрхи ҫурҫуллӑхрипе танлаштарсан, республикӑра капитальнӑй строительство ӗҫӗсен калӑпӑшӗ 43 процент, вӑл шутра строительство материалӗсем тӑвакан промышленноҫра 119 процент, ҫӑмӑл тата апатҫимӗҫ промышленноҫӗнче — 115 процент ӳснӗ. Кӑҫал ҫӗршер рабочисем, специалистсем, служащисем ҫӗнӗ хваттерсене куҫрӗҫ. Чылай предприятисенче ҫӗнӗ цехсем, мастерскойсем уҫнӑ. Ҫак кунсенче Канашра малта тӑракан техникӑпа хӗҫпӑшалланнӑ ҫу заводне туса пӗтерсе ӗҫе янӑ. Ун пек пысӑк завод халиччен республикӑра пулман.

КПСС обкомӗн бюровӗ республикӑра предприятисем, пурӑнмалли ҫуртсем, культурӑпа йӑла учрежденийӗсем валли ҫуртсем лартас ӗҫ начар пулса пынине палӑртнӑччӗ. Ҫакӑнтан чылай министерствӑсемпе ведомствӑсен, предприятисен тата строительство организацийӗсен руководителӗсем тивӗҫлӗ вывод туман. Кӑҫалхи пӗррехмӗш ҫурҫуллӑхри плана нумай стройкӑсем тултарманни ҫавна уҫҫӑн кӑтартса парать.

1952 ҫулта «Легпромстройӑн» 11-мӗш тресчӗ пир-авӑр комбинатне тума государство уйӑрса панӑ укҫа-тенкӗрен 13 миллион тенкипе усӑ курман. Ҫак ҫулӑн пуҫламӑшӗнче трест коллективӗ, хӑйӗн пултарулӑхне тӗплӗн тишкерсе тухса, ҫулталӑкри плана декабрӗн 21-мӗшӗ тӗлне тултарма, чылай йывӑр ӗҫсене механизацилеме, ӗҫ тухӑҫлӑхне 17,3 процент ӳстерме, строительство хакне 2,7 процент йӳнетме пулса социализмла обязательство йышӑнчӗ. Ҫак патриотла пуҫарӑва республикӑри партипе совет общественноҫӗ ырларӗ. Анчах трест руководителӗсем, партбюро тата постройком панӑ сӑмаха чыслӑн пурнӑҫлама коллектива кирлӗ пек мобилизацилемен, ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме, механизмсемпе туллин усӑ курма тӑрӑшман. 1953 ҫулхи плана ҫурҫулта 31 процента яхӑн ҫеҫ тултарни трест ҫав-ҫавах юлса пынине, обязательствӑна япӑх пурнӑҫласа пынине кӑтартать.

«Чувашстрой» трест, «Росмясомолстройӑн» строительствӑпа монтаж кантурӗ, «Мебельстройӑн» Ҫӗмӗрлери строительствӑпа монтаж кантурӗ, СССР Ҫул-йӗр министерствин Канашри строительствӑпа монтаж кантурӗ ҫурҫулти плана тултарманни чылай строительство организацийӗсен ӗҫӗ ҫителӗксӗррине кӑтартать.

Нумай стройкӑсем юлса пыни ӗҫе япӑх йӗркеленинчен, социализмла ӑмӑртӑва сарманнинчен, механизмсемпе ҫителӗксӗр усӑ курнинчен, малта пыракансен опычӗпе меслетне пӗтӗҫтерменнинчен килет. Механизмсем пур пулин те чылай стройкӑсенче штукатурка тӑвас, сӑрлас, бетона хытарас ӗҫе алӑпа тӑваҫҫӗ. Материалсем вӑхӑтра кӳрсе килменнипе, рабочисене пӗр участокран тепӗр участока час-часах куҫарнипе, нарядсем вӑхӑтра ҫырса паманнипе, десятниксемпе прорабсем тивӗҫлӗ ответлӑх туйманнипе «Чӑвашстрой» трест ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли ҫур ҫулти задание 79 процент ҫеҫ тултарнӑ. Ҫавӑн евӗрлӗ ҫитменлӗхсем ытти ҫӗрте те пур.

Стройкӑсен ӗҫӗнчи тепӗр пысӑк ҫитменлӗх вӑл—ҫуртсене вӑхӑтра туса пӗтерменни, пахалӑхшӑн япӑх кӗрешни, строительство хакне йӳнетессишӗн кирлӗ пек тӑрӑшманни. Ҫакӑнта калани тӗрӗссине ҫирӗплетекен тӗслӗхсем нумай илсе кӑтартма пулать. Ҫӳлерех асӑннӑ «Легпромстройӑн» 11-мӗш тресчӗ нумай ҫуртсене палӑртнӑ срокра туса ҫитереймест. Кӑҫалхи ҫур ҫул хушшинче вӑл сметӑран ирттерсе 870 пин тенкӗ укҫа расходланӑ. Шупашкарти электроаппаратура заводӗнче ача яслине, хӑшпӗр пурӑнмалли ҫуртсене япӑх тунӑ.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ строительство ӗҫӗсен хакне 20 процентран кая мар чакарма, ӗҫ пахалӑхне лайӑхлатма, строительство срокӗсене кӗскетме хушса хӑварчӗ. Ҫакна пурнӑҫлас тесен, строительство ӗҫӗсене малалла механизацилемелле, строительствӑн индустрилле меслечӗсемпе анлӑрах усӑ курмалла, накладной расходсене чакармалла, материалсене перекетлемелле.

Ҫуллахи вӑхӑтра кирпӗчпе бетон хывма, ҫӗр чавса купалама, штукатурка тума хӗллехинчен нумай ҫӑмӑлрах. Кашни стройкӑн ӑшӑ ҫанталӑкпа лайӑхрах усӑ курма, ҫуртсене хӑвӑртрах туса пӗтерме тӑрӑшас пулать. Малта пыракан стройкӑсенче ҫуртсене эрнери тата талӑкри график тӑрӑх туса пыраҫҫӗ, уйрӑм участоксене хуҫалӑх расчечӗ ҫине куҫараҫҫӗ, пур ӗҫе те комплексла механизацилеҫҫӗ. Малта пыракан коллективсен, производство новаторӗсен паха опычӗпе меслетне анлӑ сарасси—стройкӑсенчи парти, профсоюз тата хуҫалӑх организацийӗсен тивӗҫӗ.

Министерствӑсен, ведомствӑсен, райсовет исполкомӗсемпе хула Совет исполкомӗсен 1953 ҫулхи строительство планне пур кӑтартусем тӑрӑх та тултарма татӑклӑ мерӑсем йышӑнмалла, стройкӑсен руководителӗсене ӗҫе тӗрӗс йӗркелеме, рабочисен ыйтӑвӗсене лайӑх тивӗҫтерме, механизмсемпе туллинрех усӑ курма ытларах пулӑшмалла.

Партин хула комитечӗсемпе райкомӗсем стройкӑсенчи парторганизацисене администраци ӗҫне тӗрӗслесе тӑрассине вӑйлатма, критикӑна сарма, социализмла ӑмӑртӑва ертсе пырас ӗҫри формализма хӑвӑртрах пӗтерме пулӑшма тивӗҫлӗ. КПСС хула комитечӗсемпе райкомӗсен, стройкӑсенчи парторганизацисен пысӑк задачи вӑл — строительсем хушшинче партилле-политикӑлла ӗҫе вӑйлатасси, рабочисене, инженерсемпе техниксене тата служащисене государство планне ӑнӑҫлӑ тултарма мобилизацилесси, хуҫалӑхпа политикӑлла ӗҫе тӗрӗс ҫыхӑнтарса туса пырасси, дисциплинӑна ҫирӗплетесси пулать.

1953 ҫулхи государство планне срокчен тата ирттерсе тултарассишӗн, ҫуртсене хӑвӑрт, пысӑк пахалӑхпа, йӳнӗ тӑвассишӗн строительсем хушшинче социализмла ӑмӑртӑва анлӑн сарар!

## Партипе СССР правительствин руководителӗсем Китай Халӑх Республикин промышленноҫӗпе ялхуҫалӑхӗн выставкине пырса курнӑ

Мускавра М. Горький ячӗпе тӑракан культурӑпа кану паркӗнче вырнаҫнӑ Китай Халӑх Республикин промышленноҫӗпе ялхуҫалӑхӗн выставкинче августӑн 4-мӗшӗнче партипе СССР правительствин руководителӗсем Г. М. Маленков, В. М. Молотов, Н. С. Хрущев, К. Е. Ворошилов, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров тата М. Г. Первухин юлташсем пулнӑ.

Партипе СССР правительствин руководителӗсене Китай Халӑх Республикин ССР Союзӗнчи Вӑхӑтлӑх Поверенннӑйӗ Гэ Бао-цюань юлташ, Китай Халӑх Республикин ССР Союзӗнчи Посольствин сутуилӳ советникӗ Ли Цян юлташ, ҫавӑн пекех халӗ Мускава килнӗ Китай Халӑх Республикин Чугун ҫулсен министрӗ Тэн Дай-юань юлташ тата ытти ҫынсем кӗтсе илнӗ.

Г. М. Маленков, В. М. Молотов, Н. С. Хрущев, К. Е. Ворошилов, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров тата М. Г. Первухин юлташсем выставкӑра пӗр сехет ҫурӑ яхӑн пулнӑ, унта вырнаҫтарнӑ экспонатсемпе тӗплӗн паллашнӑ. Ҫав экспонатсем туслӑ Китай халӑхӗн экономики вӑйланса пынине кӑтартса параҫҫӗ. (ТАСС).

# СССР Верховнӑй Совечӗн ларӑвӗсем

## Союз Совечӗн 1953 ҫулхи августӑн 5-мӗшӗнче пулнӑ ларӑвӗ ҫинчен ИНФОРМАЦИЛЛӖ ПӖЛТЕРӲ

Августӑн 5-мӗшӗнче, кӑнтӑрла 2 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысӑк дворецра Союз Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ уҫӑлнӑ.

Лару председателӗ—Союз Совечӗн председателӗ **М. А. Яснов** депутат Мандат комиссийӗн председательне **А. М. Пузанов** депутата вунултӑ суйлав округӗнче Союз Советӗнчен тухса ӳкнӗ депутатсем вырӑнне ҫӗнӗрен суйланӑ депутатсен полномочийӗсене тӗрӗслении результачӗсем ҫинчен доклад тума сӑмах парать.

**И. В. Капитонов** депутат сӗннӗ тӑрӑх, Союз Совечӗ ҫакӑн пек постановлени йышӑнать:

«Мандат комиссийӗн докладне итленӗ хыҫҫӑн, Союз Совечӗ ҫапла йышӑнать:

Мандат комиссийӗн докладне—Союз Советне 53-мӗш Волхов суйлав округӗнче тата 170-мӗш Ржев суйлав округӗнче 1952 ҫулхи мартӑн 23-мӗшӗнче, 487-мӗш Макеевка суйлав округӗнче 1952 ҫулхи апрелӗн 6-мӗшӗнче, 359-мӗш Дербент суйлав округӗнче 1952 ҫулхи апрелӗн 27-мӗшӗнче, 174-мӗш Кемерово суйлав округӗнче тата 460-мӗш Броды суйлав округӗнче 1952 ҫулхи июнӗн 29-мӗшӗнче, 391-мӗш Казатин суйлав округӗнче 1952 ҫулхи декабрӗн 7-мӗшӗнче, 145-мӗш Арзамас суйлав округӗнче 1953 ҫулхи январӗн 25-мӗшӗнче, 658-мӗш Ленинакан суйлав округӗнче 1953 ҫулхи мартӑн 22-мӗшӗнче, 262-мӗш Таганрог суйлав округӗнче, 333-мӗш Борзино суйлав округӗнче тата 596-мӗш Чимкент ял суйлав округӗнче 1953 ҫулхи мартӑн 29-мӗшӗнче, 481-мӗш номерлӗ Сталински иккӗмӗш суйлав округӗнче 1953 ҫулхи майӑн 24-мӗшӗнче, 41-мӗш Мускав суйлав округӗнче 1953 ҫулхи майӑн 31-мӗшӗнче, 223-мӗш Кунгур суйлав округӗнче 1953 ҫулхи июнӗн 21-мӗшӗнче тата 23-мӗш Орехово-Зуево суйлав округӗнче 1953 ҫулхи июлӗн 26-мӗшӗнче суйланӑ депутатсен полномочийӗсене тӗрӗс тесе йышӑннӑ доклада ҫирӗплетес».

Союз Совечӗн председателӗ **М. А. Яснов** депутат сессире пӑхса тухма ҫакӑн пек ыйтусем тӑратни ҫинчен пӗлтерет:

1. ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджетне тата ССР Союзӗн 1951 ҫулхипе 1952 ҫулхи Государство бюджечӗсем мӗнле пурнӑҫланни ҫинчен тунӑ отчета ҫирӗплетесси.

Ку ыйтӑва СССР Министрӗсен Совечӗ сӗнет.

2. СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Указӗсене ҫирӗплетесси.

Ку ыйтӑва СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ сӗнет.

**М. П. Каунайте** депутат сӗннипе Союз Совечӗ, пӗр саслӑ пулса, ҫак ыйтусене сесси кун йӗркине кӗртет.

Союз Совечӗ ыйтусене пӑхса тухма ҫакӑн пек йӗрке йышӑнать:

1. ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджечӗ ҫинчен тӑвакан доклапа ССР Союзӗн 1951 ҫулхипе 1952 ҫулхи бюджечӗсем мӗнле пурнӑҫланни ҫинчен тӑвакан отчета Национальноҫсен Совечӗн тата Союз Совечӗн пӗрлехи ларӑвӗнче итлемелле. Бюджет комиссийӗсен содоклачӗсене итлессине, бюджета сӳтсе явассине кашни палатӑра уйрӑммӑн ирттермелле. Национальноҫсен Совечӗпе Союз Совечӗн юлашки ларӑвне пӗрле ирттермелле.

Ҫав ларура бюджета сӳтсе явассине вӗҫлемелле, докладчикпа содокладчиксен юлашки сӑмахӗсене итлемелле, ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджетне ҫирӗплетмелле; Государство бюджечӗ ҫинчен Закон тата Ялхуҫалӑх налогӗ ҫинчен Закон йышӑнмалла, ҫавӑн пекех СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Указӗсене ҫирӗплетесси ҫинчен доклад итлемелле, ку ыйтупа решени йышӑнмалла.

Ҫакӑнпа Союз Совечӗн пӗррехмӗш ларӑвӗ хупӑнать.

## Национальноҫсен Совечӗн 1953 ҫулхи августӑн 5-мӗшӗнче пулнӑ ларӑвӗ ҫинчен ИНФОРМАЦИЛЛӖ ПӖЛТЕРӲ

Августӑн 5-мӗшӗнче, кӑнтӑрла 4 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысӑк дворецра Национальноҫсен Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ уҫӑлнӑ.

Лару председателӗ — Национальноҫсен Совечӗн председателӗ **Ж. Шаяхметов** депутат Мандат комисси председательне **И. Г. Кэбин** депутата ҫичӗ суйлав округӗнче Национальноҫсен Советӗнчен тухса ӳкнӗ депутатсем вырӑнне ҫӗнӗрен суйланӑ депутатсен полномочийӗсене тӗрӗслении результачӗсем ҫинчен доклад тума сӑмах парать.

**М. Я. Ткачук** депутат сӗннӗ тӑрӑх, Национальноҫсен Совечӗ ҫакӑн пек постановлени йышӑнать:

«Мандат комиссийӗн докладне итленӗ хыҫҫӑн, Национальноҫсен Совечӗ ҫапла йышӑнать:

Мандат комиссийӗн докладне ҫирӗплетес тата Национальноҫсен Советне Мари АССР-ӗнчи 499-мӗш Юрино суйлав округӗнче тата Удмурт АССР-ӗнчи 549-мӗш Ува суйлав округӗнче 1952 ҫулхи июнӗн 8-мӗшӗнче, Армян ССР-ӗнчи 325-мӗш Кафан суйлав округӗнче 1952 ҫулхи сентябрӗн 28-мӗшӗнче, Белорус ССР-ӗнчи 70-мӗш Постав суйлав округӗнче 1952 ҫулхи декабрӗн 28-мӗшӗнче, Хабаровск крайӗнчи 624-мӗш Коряк суйлав округӗнче 1953 ҫулхи мартӑн 29-мӗшӗнче, Нахичевань АССР-ӗнчи 516-мӗш Енгиджин суйлав округӗнче 1953 ҫулхи майӑн 24-мӗшӗнче тата Белорус ССР-ӗнчи 57-мӗш Слуцк суйлав округӗнче 1953 ҫулхи июнӗн 21-мӗшӗнче суйланӑ депутатсен полномочийӗсене тӗрӗс тесе йышӑнас».

Национальноҫсен Совечӗн председателӗ **Ж. Шаяхметов** депутат сессире пӑхса тухма ҫакӑн пек ыйтусем тӑратни ҫинчен пӗлтерет:

1. ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджетне тата ССР Союзӗн 1951 ҫулхипе 1952 ҫулхи бюджечӗсем мӗнле пурнӑҫланни ҫинчен тунӑ отчета ҫирӗплетесси.

Ку ыйтӑва СССР Министрӗсен Совечӗ сӗнет.

2. СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Указӗсене ҫирӗплетесси.

Ку ыйтӑва СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ сӗнет.

**Т. С. Горбунов** депутат сӗннипе Национальноҫсен Совечӗ, пӗр саслӑ пулса, ҫак ыйтусене сесси кун йӗркине кӗртет.

Национальноҫсен Совечӗ ыйтусене пӑхса тухма ҫакӑн пек йӗрке йышӑнать: ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджечӗ ҫинчен тӑвакан доклада тата ССР Союзӗн 1951 ҫулхипе 1952 ҫулхи бюджечӗсем мӗнле пурнӑҫланни ҫинчен тӑвакан отчета Союз Совечӗпе Национальноҫсен Совечӗн пӗрлехи ларӑвӗнче итлемелле. Бюджет комиссийӗсен содоклачӗсене итлессине тата бюджет ҫинчен сӳтсе явассине палатӑсенче уйрӑммӑн ирттермелле. Союз Совечӗпе Национальноҫсен Совечӗн юлашки ларӑвне пӗрле ирттермелле. Ҫак ларура бюджет ҫинчен сӳтсе явассине вӗҫлемелле, докладчикпа содокладчиксен юлашки сӑмахӗсене итлемелле, ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджетне ҫирӗплетмелле, Государство бюджечӗ ҫинчен Закон тата Ялхуҫалӑх налогӗ ҫинчен Закон йышӑнмалла, ҫавӑн пекех тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Указӗсене ҫирӗплетесси ҫинчен доклад итлемелле, ку ыйтупа решени йышӑнмалла.

Ҫавӑнпа Национальноҫсен Совечӗн пӗррехмӗш ларӑвӗ хупӑннӑ.

## Союз Совечӗпе Национальноҫсен Совечӗн 1953 ҫулхи августӑн 5-мӗшӗнче пулнӑ пӗрлехи ларӑвӗ ҫинчен ИНФОРМАЦИЛЛӖ ПӖЛТЕРӲ

Августӑн 5-мӗшӗнче, каҫхине 7 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысӑк дворецра Союз Совечӗпе Национальноҫсен Совечӗн пӗрлехи ларӑвӗ пулнӑ.

Лару председателӗ — Национальноҫсен Совечӗн Председателӗ **Ж. Шаяхметов** депутат ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджечӗ ҫинчен тата ССР Союзӗн 1951 ҫулхипе 1952 ҫулхи Государство бюджетне пурнӑҫлани ҫинчен доклад тума СССР Финанс Министрне **А. Г. Зверев** юлташа сӑмах парать.

**А. Г. Зверев** доклачӗ хыҫҫӑн лару председателӗ ҫапла пӗлтерет: палатӑсем кун йӗркинчи ыйтусене сӳтсе явма йышӑннӑ йӗрке тӑрӑх, бюджет комиссийӗсен содоклачӗсем тата бюджет ҫинчен сӳтсе явасси Союз Совечӗпе Национальноҫсен Совечӗн уйрӑм ларӑвӗсенче пулса иртет.

Ҫакӑнпа Союз Совечӗпе Национальноҫсен Совечӗн пӗрлехи ларӑвӗ хупӑннӑ.

# Государствӑна тырӑ памалли графика кашни колхоз кашни кун тултарса пытӑр

## ГОСУДАРСТВӐНА ТЫРӐ ПАМАЛЛИ ПЛАНА ТУЛТАРНӐ

**ЕТӖРНЕ, августӑн 5-мӗшӗ. (ТЕЛЕФОНПА). Буденный ячӗпе тӑракан ялхуҫалӑх артелӗн членӗсемпе механизаторсем тӑванла Мордва тата Мари республикисемпе ӑмӑртӑва хутшӑнса илнӗ социализмла обязательствӑсене чыслӑн пурнӑҫлассишӗн кӗрешеҫҫӗ. Вӗсем обязательство тӑрӑх тата МТС ӗҫленӗшӗн государствӑна тырӑ памалли плана срокчен, августӑн 4-мӗшӗнче тултарчӗҫ. Колхоз хатӗрлев пунктне 1.104 центнер вырӑнне пурӗ 1.132 центнер тырӑ леҫрӗ, ку шутра: пӑрҫа 220 центнер, тулӑ 22 центнер, ыраш 700 центнер.**

**Тырпул хатӗрлемелли плана ӑнӑҫлӑ тултарма колхозри пуҫламӑш парторганизаци кулленех пулӑшса пычӗ. Тырпул пухса кӗртме тытӑнсан малтанхи кунсенчех вӑл колхозниксене государствӑна тырӑ парса татассишӗн кӗрешме мобилизацилерӗ. Коммунистсем Тӑван ҫӗршыва тырӑ хатӗрлесе парас ӗҫе татса паракан участоксенче — хирте, йӗтем ҫинче, транспорт бригадинче ӗҫлеҫҫӗ.**

**Н. ХРОМОВ,**
КПСС райкомӗн секретарӗ.

* * *

**ВАРМАР, августӑн 5-мӗшӗ. (ТЕЛЕФОНПА). «Красная Кубня» колхоз государствӑна обязательнӑй поставка йӗркипе тырӑ памалли плана тултарчӗ, халӗ натурӑпла шучӗпе тырӑ леҫет.**

**«Маяк» колхоз август уйӑхӗн пӗррехмӗш пилӗккунлӑхӗнче государствӑна тырӑ памалли графика 198 процент тултарчӗ. Ленин ячӗпе тӑракан, «Дружба», «Свобода», «Победа» колхозсем те графика ытлашшипех тултарса, хатӗрлев пунктне тырӑ леҫеҫҫӗ.**

**В. АЛЕКСЕЕВ,**
КПСС райкомӗн секретарӗ.

## Чӑрмавсене халех пӗтермелле

Суворов ячӗпе тӑракан колхоз ялхуҫалӑх ӗҫӗсенче ҫулсерен юлса пырать. Пӗлтӗр кунта, тырпул пухса кӗртес ӗҫе вӑраха тӑсса, тӑкаксем нумай турӗҫ. Артель правленийӗ ҫакӑнтан тивӗҫлӗ вывод туман, уй-хир ӗҫӗсене кӑҫал та начар йӗркеленӗ. Тӗплӗ шухӑшласа тунӑ ӗҫ планӗ ҫукки, бригадӑсене производство заданийӗсем паманни—тырӑ вырас, ӑна государствӑна парас ӗҫсене чӑрмантарса пырать. Колхозниксем ӗҫ вырӑнӗ ҫинчен, ӗҫӗн нормисемпе хакӗ ҫинчен пӗлмеҫҫӗ, пӗр ӗҫрен тепӗр ӗҫе куҫса ҫӳресе вӑхӑта ирттереҫҫӗ. Дисциплина начар пирки колхозниксенчен чылайӑшӗ ӗҫе тухмасть. Уй-хирте кунсерен 240 ҫын вырӑнне 100—120 ҫын ҫеҫ ӗҫлет. Уйрӑмах иккӗмӗш бригадӑран тырӑ вырма сахал тухаҫҫӗ. Хӗрсех тырӑ вырас чухне А. Светлова колхозница хӑнара ҫӳрет. Комсомол организаци секретарӗ Г. Савиров тата В. Андреев комсомолец ӗҫе пачах тухмаҫҫӗ.

Колхоз правленийӗпе пуҫламӑш парторганизаци ҫакна кураҫҫӗ, анчах та дисциплинӑна ҫирӗплетме нимӗнле мерӑсем те йышӑнмаҫҫӗ. Унтан та ытларах, хӑшпӗр колхозниксене урӑх вырӑнсене кайса ӗҫлеме ирӗк панӑ. Транспорт бригадин бригадирӗ Г. Калистратов, А. Пушковпа Д. Шенчуков коммунистсем тата И. Гаврилов, А. Ярусов колхозниксем инҫетри ялсенче платникре ӗҫлесе ҫӳреҫҫӗ. Ку колхозран пурӗ 23 ҫын аякра ӗҫлеме тухса кайнӑ.

Хӗрӳ кунсем иртеҫҫӗ, ӗҫ вӑраххӑн пырать. Артель ыраша ҫуррине кӑна вырнӑ. Ыраш типсе кайнӑ, ларнӑ ҫӗртех тӑкӑнать. Суртрисем те пулса ҫитнӗ.

Тырпул пухса кӗртес ӗҫе хӑвӑртлатас тесен, машинӑсене ӗҫе ямалла. Колхоз машинисем юсавлӑ мар пирки ӗҫлемеҫҫӗ. Паллах ӗнтӗ, колхоза МТС енчен пысӑк пулӑшу кирлӗ. Анчах та И. Орлов комбайнер ку колхозра палӑрмалӑх ӗҫ тӑвайман-ха. Вӑл ҫӗнӗ самоходнӑй комбайнпа 17 гектар кӑна вырма ӗлкӗрнӗ.

Колхоз правленийӗпе бригадирсем вырнӑ хыҫҫӑн пучах пуҫтарассине организацилемен. Вырса ҫӗмеле хывнӑ хӑшпӗр вырӑнсенче кашни тӑваткал метрта 20—25 пучах тӑккаласа хӑварнине курма пулать. Ӗҫ пахалӑхне колхозниксенчен — бригадир, бригадирсенчен—председатель йышӑнасси йӑлана кӗмен. Ревизи комиссийӗн членӗсем те уй-хир ӗҫӗсен пахалӑхне тӗрӗслесе тӑмаҫҫӗ.

Малта пыракан колхозсенче тырӑ вырма тухнӑ хыҫҫӑнах авӑн ҫапса государствӑна тырӑ пама тытӑнаҫҫӗ. Суворов ячӗпе тӑракан колхозра ун пек мар, уй-хир ӗҫӗсене черетпе тӑвас сиенлӗ шухӑшпа пурӑнаҫҫӗ.

— Малтан ыраш вырса пӗтерер-ха, унтан авӑн ҫапма та пулать. Авӑн ҫапма халӗ пурпӗрех ҫынсем ҫитмеҫҫӗ,—тет правлени председателӗ Г. Никитин юлташ.

Чӑннипе, авӑн ҫапасси ӗҫ вӑйӗ ҫитменнишӗн мар, молотилкӑсем юсавлӑ мар пирки чарӑнса тӑрать. Иккӗмӗш бригадӑра лашапа ӗҫлемелли молотилкӑна халӗ те юсама тытӑнман.

Авӑн ҫапассине организацилеменни государствӑна тырӑ парас ӗҫе чарса тӑрать. Комбайн кӑштах вырса панӑ хыҫҫӑн ҫеҫ артель хатӗрлев пунктне тырӑ леҫме тытӑннӑ. Малтанхи икӗ пилӗккунлӑхра 19,7 тонна вырӑнне 6,5 тонна ҫеҫ тырӑ панӑ.

Районти ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗн Суворов ячӗпе тӑракан колхоза тырпул пухса кӗртес ӗҫре татӑклӑ пулӑшу памалла.

**И. ИРТЫШЕВ,**
**Т. ИВАНОВ.**

**Куславкка районӗ.**

## Хастарлӑ ӗҫ

ТӐВАЙ. «Красная Чувашия», «Новый путь», Маленков ячӗпе, Ленин ячӗпе тӑракан, «Красный Октябрь», «Искра Ильича» колхозсем августӑн 3-мӗшӗ тӗлне районта чи малтан ыраш вырса пӗтерчӗҫ. Вӗсем кӗрхи тулӑ тата ҫуртри вырма тытӑнчӗҫ. Тырпул пухса кӗртнӗ ҫӗрте ялхуҫалӑх машинисемпе анлӑн усӑ кураҫҫӗ. Вырнӑ тырра ҫийӗнчех турттарса капана хываҫҫӗ.

Асӑннӑ колхозсем государство умӗнчи хӑйсен пӗррехмӗш тивӗҫне те чыслӑн пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. Маленков ячӗпе тӑракан колхоз государствӑна тырӑ памалли графика кулленех пурнӑҫласа пырать. Кунта хатӗрлев пунктне тырӑ леҫме 30 лавран транспорт бригади тунӑ тата 2 автомашинӑпа хатӗрлев пунктне тырӑ турттараҫҫӗ.

Районти ытти колхозсем те тырпула вӑхӑтра пухса кӗртессишӗн тӑрӑшаҫҫӗ. Чапаев ячӗпе тӑракан колхозра хӑшпӗр бригадӑсем ыраша вырса пӗтерсе ытти тырӑсене пухма пуҫланӑ. Тырпул пухса кӗртес ӗҫре 3-мӗшпе 4-мӗш бригадӑсем малта пыраҫҫӗ.

Транспорт бригади 10 лавпа тата пӗр автомашинӑпа кулленех хатӗрлев пунктне тырӑ леҫет.

Ӗҫлекенсем валли колхозра столовӑй организациленӗ.

Колхозниксем хушшинче агитациллемассӑлла ӗҫе те лайӑх организациленӗ. П. Журавлев, Н. Карсакова учительсем, А. Семенова медсестра, Н. Волков, Александров агитаторсем колхозниксем хушшинче кулленех хаҫат-журналсем вуласа параҫҫӗ, боевой листоксем кӑлараҫҫӗ. Коммунистсен партийӗ 50 ҫул тултарни ҫинчен, тӗнчери лару-тӑру ҫинчен тата ытти темӑсем тӑрӑх каласусем ирттереҫҫӗ.

**В. ИГНАТЬЕВ.**

## ПАРТИ ПУРНАÇĔ

# Вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçе лайăхлатмалла

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Районти парторганизацисем идеологи ĕçĕн шайне чылай ӳстерчĕç. Парти вĕренӳĕн иртнĕ çулне итти çулсенчен лайăхрах ирттерчĕç. 710 вĕренекенрен 659 çын программăри материала вĕренсе пĕтерчĕ. Чылай юлташсем КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене харпăр хăй тĕллĕн вĕренчĕ.

Малтанхи çулсенче «Досаево» колхозри пуçламăш парторганизаци коммунистсемпе колхоз кадрĕсен политикăлла вĕренĕвне начар йĕркеленĕ пулнă. Хăшпĕр коммунистсем хăйсен вырăнĕсенче начар, малашнехине курмасăр ĕçлесе пыратчĕç. Колхозра хуçалăх ĕçĕсене кар пăсса пынă, артель Уставне пăсакансемпе кĕрешмен. Парторганизаци иртнĕ çулта çак йăнăшсене тӳрлетрĕ. КПСС историне вĕренмелли кружок (руководителĕ В. Михайлов юлташ) йĕркеллĕ ĕçленĕ, унти занятисем идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртнĕ. Коммунистсем КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене пысăк тимлĕхпе вĕреннĕ. Кружокра вĕреннĕ юлташсем халĕ тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе пуçаруллă та хастарлă ĕçлеççĕ.

Колхоз председателĕн М. Андреев юлташăн малтанах ертсе пырас ĕçре кăлтăксем нумайччĕ. Марксизм-ленинизм теорине тимлесе вĕренни унăн тавракурăмне ӳстерчĕ. Колхоз халĕ лайăх ĕçлет. Н. Павлов коммунист бригади ыраша сакăр кун хушшинче вырса пухрĕ. П. Шишкин коммунист çурлапа вырмалли кулленхи нормăна 1,5 хут ирттерсе тултарать. Çавăн пекех вăл итти колхозниксене те хăвăрт тата тăккаламасăр вырма вĕрентет, вĕсемпе калаçусем ирттерет.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсене парти пухăвĕнче сӳтсе явнă. Кружокра хăçан кам-кам вĕренмеллине кашни çынпа уйрăммăн калаçса татăлнă. Вĕренекенсен составне парти пухăвĕнче пăхса тухса çирĕплетнĕ.

Политикăлла вĕренӳе «Путь Ленина», «Красное Сормово», «Партизан» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенче те лайăх йĕркеленĕ. Анчах çак парторганизацисен опычĕ итти парторганизацисене тивĕçлипе саралман. Районти чылай парторганизацисенче марксизмленинизм теорине вĕренес ĕçĕн шайĕ паянхи задачăсен çӳлĕшĕнче тăраймасть.

Молотов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацие илер. Кунта пĕлтĕр политшкул, КПСС историне вĕренмелли кружок йĕркеленĕ пулнă. Парторганизаци вĕсен ĕçне тивĕçлипе ертсе пыман. В. Антоновпа О. Александрова пропагандистсем сӳрĕк ĕçленĕ, занятисене начар ирттернĕ. Юлашкинчен вара вĕренекенсем занятисене йĕркеллĕ çӳреме пăрахнă. Кружок вĕренӳ планне пурнăçламан.

Парторганизацисенче коммунистсен политикăлла вĕренĕвне мĕнле йĕркелени çинчен хăй вăхăтĕнче КПСС райкомĕн бюровĕнче те сӳтсе явнă. Анчах та райком йышăннă решени мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслемен пирки Молотов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнчи КПСС историне вĕренмелли кружокăн ĕçĕ юсанман. Çак парторганизацинче КПСС райкомĕн секретарĕ Н. Егоров юлташ чылай хушă пулнă, анчах вăл партилле пропагандăпа сахал интересленнĕ. Парторганизаци парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулне хатĕрленессипе те нимĕн те тумасть.

Çакăн пек тĕслĕхсем итти çĕрте те сахал мар. Райком секретарĕсемпе итти ответлă работниксем ялсенче час-часах пулаççĕ, анчах парторганизацисене политикăлла вĕренӳ ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе ситлĕксĕр пулăшаççĕ.

КПСС райкомĕ хăйĕн пропагандисчĕсене колхозсене хуçалăхла ĕçсемпе ытларах ярать. Политшкулсемпе кружоксенче вĕренекенсене пулăшма КПСС райкомĕн штатра тăман докладчикĕсем ялсенче лекцисем сахал ирттереççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче вĕсем диалектикăлла тата историлле материализм çинчен лекцисем пачах та вуламан. Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсемпе те райком ситлĕклĕ ĕçлемен. Кам мĕнле вĕреннине тĕрĕслесси йирлĕ вырăнта пулман. Çавна пула «Заготлен» кантурĕн директорĕ Ф. Иванов, инкубаци станцийĕн начальникĕ Т. Филиппов, МТС директорĕ И. Андреев тата итти юлташсем хăйсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлеме пăрахнă.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕç пуçламăш парторганизацисенче сӳрĕккĕн пулса пырать. Политшкулсемпе кружоксенче вĕренекенсен хисепне паянхи куна 12 парторганизацинче кăна палăртнă.

Районти парторганизацире пропагандистсем ситлĕклĕ. Анчах райком çĕнĕ кружоксенче ĕçлеме пропагандистсем тупса çирĕплетмен.

КПСС райкомĕн çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçе конкретлăн ертсе пымалла. Ку тĕлĕшпе пĕлтĕрхи йăнăшсене тĕплĕн шута илмелле.

**Н. ОРЛОВ.**
(Хамăр корр.).

# Кашни коммуниста пĕр-пĕр ĕç хушмалла

Советски районĕнчи «Дружба», Свердлов ячĕпе, Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсенчи парторганизацисем коммунистсене парти ĕçне активлăн хутшăнтараççĕ, вĕсен ĕçри ответлăхне ӳстереççĕ.

«Дружба» колхозри парторганизаци кашни коммуниста уйрăм порученисем парать, хушнă ĕçе мĕнле пурнăçланине тĕрĕслет. Ялсенчи пуçламăш парторганизацисенче сахал вĕреннĕ коммунистсем те пур. Хăшпĕр çĕрте кун пек коммунистсене порученисем пама тытăнса тăраççĕ. «Дружба» колхозри парторганизацире коммунистсене малтанах пĕчĕк ĕç параççĕ, кун хыççăн вара кăткăсрах ĕçсене тунă çĕре явăçтарма тытăнаççĕ. Коммунистсене парторганизацин кулленхи ĕçне хутшăнтарни вĕсен активлăхне ӳстерет, колхозри ĕçсене тĕрĕс йĕркелеме пулăшать.

Куйбышев ячĕпе тăракан колхозра иртнĕ çул ĕçе тĕрĕс организацилеме пĕлменнипе çул-йĕр строительстви вăраха тăсăлчĕ. Кăçал çак ыйтăва коммунистсем парти пухăвĕнче ятарласа сӳтсе яврĕç, строительствăна хăвăртлатмалли мерăсене кăтартса пачĕç, çул-йĕр çинче ĕçлекенсене ертсе пыма Иванов коммуниста хушрĕç. Вăл хушнă ĕçе питĕ тăрăшса пурнăçларĕ, çул-йĕр ĕçне итти коммунистсене те явăçтарчĕ. Коммунистсем вăй хурса тăрăшнипе колхоз çул-йĕр строительствин планне вăхăтра тултарса, хисеп хăми çине кĕме тивĕçлĕ пулчĕ.

Коммунистсене парти ĕçне хутшăнтарасси районти чылай организацинче тивĕçлĕ вырăнта тăраймасть-ха. Коммунистсене, уйрăмах çамрăк членсемпе кандидатсене, воспитани парасси çине пуçламăш парторганизацисем ситлĕклĕ çаврăнса пăхмаççĕ. Маленков ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан колхозсенчи парторганизацисем коммунистсене парти поручений ячĕшĕн çеç параççĕ. Шверник ячĕпе тăракан колхозри парторганизацин секретарĕ Н. Денисов юлташ:

— Парторганизацинче 14 коммунист, вĕсен кашниннех поручени пур,—тет.— И. Мартынов — колхоз председателĕ, В. Корнилов—колхоз председателĕн заместителĕ, Н. Андреев—ял Совет председателĕ, И. Сотимов—уй-хир бригадирĕ, А. Романов—ферма заведующийĕ т. ыт. те пулса ĕçлеççĕ; çакă вара Н. Денисов юлташ шучĕпе поручение пурнăçлани пулать. Çав вăхăтрах кунти коммунистсем колхозниксем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе ситлĕксĕр туса пыраççĕ, партипе правительство решенийĕсем çинчен колхозниксене ăнлантарса памаççĕ.

Кунта агитмассăлла ĕçе хуçалăхла-политикăлла пысăк кампанисем вăхăтĕнче çеç туса ирттереççĕ. Н. Денисов юлташ хăй те партилле ĕçе хăнăхма тăрăшмасть. Вăл—парти организаци секретарĕ, райком пленумĕн членĕ. Кăçал райкомăн 4 пленум пулса иртнĕ, Денисов иккĕшне çеç кайнă. Çавнашкалах вăл семинарсенче те сахал пулать.

Парторганизаци ситлĕксĕр ертсе пынине пула Шверник ячĕпе тăракан колхоз чылай ĕçсем енĕпе кая юлнă. Кашни çулах çул-йĕр строительствин планне тултараймасть, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана та нихăш çул та тултарман. Çаксем пĕтĕмпех парторганизаци ситлĕксĕр ĕçленинчен килнĕ.

**Н. АНДРЕЕВ.**

# Вырăнти резервсем пирки

Етĕрне районĕнче вырăнти промышленноçпа промысла кооперацине вăйлатма мĕн кирли пурте ситлĕклĕ. Кирпĕч, черепица, савăт-сапа туса кăларма паха тăм, сĕтел-пукан, урапа-çуна тума вăрман пур. Шурлăхсенче çунтарма юрăхлă торф нумай. Çывăхри вăрмансенче улма-çырла, кăмпа ӳсет. Колхоз сачĕсем çулсерен пысăкланса пыраççĕ, утарсем нумайланаççĕ. Колхозсем çулсерен тухăçлă пахча çимĕç ӳстереççĕ.

Сăр шывĕ авкаланса, темиçе çĕрте кукăрăлса юхса выртать. Сăр таврашĕнче мĕн чухлĕ кӳлĕ! Пысăккисем те, вăтаммисем те, пĕчĕкреххисем те. Унта темле йышши пулă та пур.

Чĕртавар енчен илсе пăхсан, куллен кирлĕ таварсем нумайрах туса кăларма паха майсем пур. Государство вырăнти промышленность предприятийĕсемпе промартельсене станоксем, машинăсем, вырăнта çук материалсем уйăрса парать. Ĕç вăйĕ районта ситлĕклĕ. Кĕскен каласан, условисем питĕ лайăх, вĕсемпе тĕрĕс усă курни, предприятисемпе промартельсен руководителĕсем, райисполком пуçаруллă пулни çеç кирлĕ.

Райпромкомбинат, апат-çимĕç комбиначĕ, Сталин ячĕпе тăракан промартель çултан-çул ӳссе пысăкланаççĕ. 1951 çулта райпромкомбинат пурĕ 617 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă пулсан, кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра ĕççыннисене 435 пин тенкĕлĕх тавар панă. Пĕрремĕш çурçуллăхра апат-çимĕç комбиначĕ 613 пин тенкĕлĕх, урăхла каласан, 1951 çулта туса кăларнă пĕтĕм продукцин 80 процентĕ чухлĕ продукци пачĕ. Кунта пахча çимĕç типĕтекен цех валли çĕнĕ çурт туса лартрĕç. Иккĕмĕш çурçуллăхра вăл тата ытларах апат-çимĕç туса кăларать.

Сталин ячĕпе тăракан промартелĕн продукцине пирĕн районта çеç мар, Шупашкарта, Канашра, Çĕмĕрлере тата итти хуласемпе районсенче те курма пулать. Çу завочĕ тата Ватутин ячĕпе тăракан промартель производство планне тăтăшах тултарса пыраççĕ.

Анчах пĕтĕмĕшпе илсен районта вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ ситлĕксĕр аталанаççĕ, ĕççыннисен тата колхозсен кулленхи ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерейменççĕ. Сĕмахран, ĕççыннисене тата колхозсене вĕлле, вĕлле рами, пыл хума — савăт-сапа тата итти япаласем те нумай кирлĕ. Çак япаласене «Ударник» тата «Красный яр» промартельсенче туса кăларма пулать. Асăннă артельсене çакă йывăç чылай уйăрса панă. Анчах вĕсен руководителĕсем халăх ыйтăвне тивĕçтерме тăрăшмаççĕ.

— Пире Тарпромсоюз корзина авса кăларма задани парать, вăл хушмасăр итти япаласем тума пултараймастпăр,— тет «Ударник» промартель председателĕ Никитин юлташ. Корзина ситлĕклĕ туса кăларнă пулсан пырĕччĕ. Артель çав заданиe те пурнăçламасть. Пĕрремĕш çурçуллăхри плана 35 процента яхăн çеç тултарни вăл хытă юлса пынине кăтартать. Ача-пăча валли авса сĕтел-пукан тума пулать, анчах ку производствăна йĕркелемеççĕ.

Чăвашпромсоветпа райисполком хушшинче тачă çыхăну çук. Промартельсене план панă чухне промсоюзсем тата Чăвашпромсовет кашни районăн экономикине, уйрăмлăхне шута илмеççĕ. «Красный яр» промартель нумайранпа юлса пырать. Апла пулин те Чăвашпромсовет ăна тивĕçлĕ пулăшу памасть.

Кăçал райпромкомбината пăхăнса тăракан кирпĕч заводĕнче типĕтмелли сарай туса лартрĕç. Хăшпĕр йывăртарах ĕçсене механизацилесен завод производствăна чылай ӳстерме пултарать. Чăваш АССР Вырăнти тата топливо промышленность министерстви кирпĕч завочĕпе сахал интересленет, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма пулăшмасть.

РСФСР Министрĕсен Совечĕ йышăннă тăрăх апат-çимĕç комбинатĕнче консерв тăвакан цех туса лартмалла. Чăваш АССР Апат-çимĕç тата çăмăл промышленность министерстви çав цехăн проектне халиччен те туса хатĕрлемен. Çавăн пирки цех валли çурт лартма тытăнаймаççĕ.

Районти чĕртаварпа туллин усă курасси, ĕççыннисен кулленхи ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтересси—Советсен вырăнти органĕсен тивĕçĕ. КПСС обкомĕн бюровĕ Етĕрне райсовет исполкомĕ вырăнти промышленноçпа промысла кооперацине ситлĕксĕр ертсе пынине палăртрĕ, çак ситменлĕхе хăвăртрах пĕтерме хушрĕ. Райисполком обком решенийĕнчен тивĕçлĕ вывод турĕ, предприятисен ĕçĕпе тĕплĕнрех интересленме тытăнчĕ. Исполком ларăвĕсенче хуçалăх руководителĕсен докладĕсене час-часах сӳтсе яватпăр, исполком работникĕсем предприятисенче тăтăшах пулаççĕ, тухăçлăрах ĕçлеме пулăшаççĕ. Малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе Сталин ячĕпе тăракан промартель те вăл туса кăларакан япаласен выставкине уçнă. Унта итти предприятисенче ĕçлекен рабочисемпе мастерсем те нумайăн пырса кураççĕ.

Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацие ĕçĕнчи пысăк ситменлĕх вăл— продукци пахалăхĕшĕн, изделисен ассортименчĕпе номенклатурине нумайлатассишĕн кирлĕ пек кĕрешменни. Нумаях пулмасть вырăнта туса кăларакан таварсен смотрне ирттертĕмĕр. Смотрта çакă палăрчĕ: предприятисемпе промартельсенче стандартсемпе техникăлла условисем ситлĕклĕ мар, технологи дисциплинине час-часах пăсаççĕ. Пысăк пахалăхлă продукци туса кăларассишĕн ăмăртакан бригадăсем сахал. Чылай мастерсем техникăна лайăх пĕлмеççĕ, продукци пахалăхне ӳстерессишĕн ответлăха туймаççĕ. Рабочисен пĕлĕвне ӳстерме курссем тата кружоксем сахал организациленĕ. Ĕçе тĕрĕс йĕркелемен пирки Сталин ячĕпе тăракан промартельте хăшпĕр чухне брак тăваççĕ, техникăлла условисене пăхăнмаççĕ. Кирпĕч заводĕнче брак нумай пулнипе райпромкомбинат государствăна пысăк сиен кӳрет.

Райпромкомбинатра, çавăн пекех чылай промартельсенче социализмла ăмăртăва тата рабочисене коммунизмла воспитани парас ĕçе япăх йĕркеленĕ. Вуншар рабочисем ăмăртăва хутшăнман. Йышăннă обязательствăна мĕнле пурнăçланине сайра хутра çеç тĕрĕслеççĕ, юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулăшмаççĕ, производствăлла канашлусем ирттермеççĕ. Ĕç нормине, задание мĕнле пурнăçласа пынине тăтăшах кăтартса памаççĕ. Хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем, техноруксемпе мастерсем социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçе лайăхлатма профсоюз руководителĕсене пулăшмаççĕ. Çак ситменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле.

**И. ЖЕЛЕЗНОВ,**
Етĕрне райисполком председателĕн вырăнти промышленность енĕпе ĕçлекен заместителĕ.

# Совет Правительстви США, Великобритани, Франци Правительствисене Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен панă нотăсем

Июлĕн 15-мĕшĕнче Совет Союзĕн Вашингтонри, Лондонри, Парижри Посольствисем США, Великобритани, Франци Правительствисенчен США, Великобритани, Франци, Совет Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухас пирки нотăсем илнĕ.

Августăн 4-мĕшĕнче ССР Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви США-ăн, Великобританин тата Францин Мускаври Посольствисене Совет Правительствин ответлă нотисене ярса панă.

Аялярах США Правительстви 1953 çулхи июлĕн 15-мĕшĕнче панă нота текстне тата Совет Правительстви 1953 çулхи августăн 4-мĕшĕнче панă ответлă нотăна пичетлетпĕр.

## США ПРАВИТЕЛЬСТВИ ПАНĂ НОТА

### 1953 ÇУЛХИ ИЮЛĔН 15-мĕшĕ

Государство секретарĕ Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Вăхăтлăх Поверенная хисеплени çинчен пĕлтерет тата ăна хăйĕн Правительствине çакна ярса пама ыйтать:

Тĕнчери лару-тăру аталанăвĕ тата нумаях пулмасть Хĕвелтухăç Германипе Берлинра пулса иртнĕ ĕçсем пур çĕрте те мир ĕçне ытларах çирĕплетме тăрăшнине тата халыхи йывăр лару-тăрăва ирĕклĕхĕн тĕп прави тăрăх çăмăллатма тăрăшнине вăйлатрĕç.

Хăшпĕр тĕп ыйтусене, сăмахран, контроллесе тăнипе хĕçпăшалсăрланас ыйтăва татса парсан кăна çирĕп мир туса хума пулнине йышăнса, Пĕрлешӳллĕ Штатсĕн Правительстви халыхи вăхăтра çитес вăхăтрах татса пама пулакан ыйтусене татса парасшăн тăрать.

Германи тата Австри договорĕсене тăвасси,—ку ĕç ĕнтĕ питех те вăраха тăсăлчĕ,—Европа ыйтăвне йĕркелес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать, çавăнпа та Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви ку ыйтăва татса пани мир ĕçĕшĕн пысăк ĕç туни пулать,—тесе шутлать.

Германипе мирлĕ договор тума Пĕтĕм Германири ирĕклĕ те представительнăй правительство хутшăннипе кăна вăл çакăн пек договора ирĕклĕн сӳтсе явма пултарсан çеç туса хатĕрлеме пулать. Çакăн пек правительствăна ирĕклĕ суйлавсем ирттернипе кăна туса хума пулать.

Çакăн пек правительство туса хума кирлĕ условисене, ăна хăйне ирĕклĕ ĕçлесе тăма кирлĕ условисене туса хурасси, пур енĕсем те ырă кăмăллă ирĕк палăртас пулсан, çитес çывăх вăхăтрах татса памалли ыйту пулса тăрать. Çавăн пекех çакă та паллă: ку ыйтăва татса памасăр Европăри йывăр лару-тăрăва çăмăллатас тĕлĕшпе чăн-чăн прогресс туса хума май çук.

Совет Правительствине ярса панă нотăсенче, — вăл нотăсенчен юлашки нота 1952 çулхи сентябрĕн 23-мĕшĕнче ярса панă нота пулнă, вăл нота пирки çаплах ответ илмен-ха,—Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви конструктивлă сĕнӳсем тăратрĕ; вăл сĕнӳсем Германи бундестагĕ кăçалхи июнĕн 10-мĕшĕнче йышăннă резолюцире туллин палăрса тăраççĕ. Çак сĕнӳсем вĕсем Германи халăхĕ пурте пĕр шухăшлă пулса ирĕклĕх условийĕсем тăрăх пĕрлешесшĕн пулнине тивĕçтерме пулăшаççĕ.

Нумаях пулмасть пулса иртнĕ ĕçсем Германие пĕрлештересси çинчен тăракан ыйтăва текех тăсса пымалла мар туса хунине шута илсе, Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви Германи халăхĕн халыхи пек йĕркесĕр пурăнмалла пулнине пĕтерсе лартас тĕлĕшпе çĕнĕрен вăй хума хатĕр тăрать.

Çавăнпа та, Германири федеральнăй правительствăпа тата нимĕçсен Берлинри влаçĕсемпе консультаци туса ирттернĕ хыççăн, Францин, Пĕрлешӳллĕ Королевствăн, Пĕрлешӳллĕ Штатсен тата Совет Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен Совет Правительствине сĕнӳ пама решени йышăннă. Кĕске вăхăта пымалли çак канашлу, тĕслĕхрен, сентябрь уйăхĕн вĕçĕнче, пĕрпĕринпе калаçса татăлнă вырăнта пуçланма пултарнă пулĕччĕ. Сӳтсе явмалли ыйтусем çаксем пулмалла:

1. Федеральнăй республикăра, Германин хĕвелтухăç зонинче тата Берлинра ирĕклĕ суйлавсем организацилесси. Çакă вăл, итти ыйтусене сӳтсе явнипе пĕрлех, çынсене ирĕклĕн куçса çӳреме, политикăлла партисене ирĕклĕн ĕçлеме, право пама, суйлавччен, суйлав вăхăтĕнче тата суйлав хыççăн мĕнпур нимĕçсем валли пичет ирĕклĕхĕ тата тĕп ирĕклĕхсем тĕлĕшпе право пама кирлĕ гарантисем çинчен тăракан ыйтусене те сӳтсе явма май парать.

2. Шалти тата тулашри ĕçсем тĕлĕшĕнчен ирĕклĕн ĕçлесе тăма пултаракан пĕтĕм Германин ирĕклĕ правительствине туса хумалли условисем.

Çакăн пек ĕнтĕ Германипе мирлĕ договор тумалли ыйту тăрăх, пĕтĕм ыйтусене йĕркелесе ярас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăракан ыйту тăрăх, Совет Правительствипе пĕрле ирттерекен канашлу уçăлас умĕн тумалли паллă утăмсем.

Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви çавăн пекех тата çакă малтанхи канашлура, юлашкинчен ĕнтĕ, Австри договорĕ тăрăх та килĕшӳ тумалла тесе шутлать.

## СОВЕТ ПРАВИТЕЛЬСТВИ ПАНĂ НОТА

### 1953 çулхи августăн 4-мĕшĕ

Июлĕн 15-мĕшĕнче Совет Правительстви США Правительствин нотине, çавăнпа пĕр вăхăтрах Англипе Франци Правительствисен нотисене илнĕ. Вăл нотăсенчен çакă курăнать: Вашингтонра США, Англи, Франци Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен июль уйăхĕнче пулса иртнĕ канашлăвĕнче асăннă виçĕ державăпа Совет Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухма решени йышăннă. Çакăнпа пĕрлех нотăсенче США, Англи, Франци тата Совет Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвĕн кун йĕрки пирки тата канашлăва пухмалли срок пирки виçĕ министр тăратнă сĕнӳ çинчен пĕлтернĕ.

Çӳлте каланисенчен акă мĕн тухса тăрать: США, Англи тата Франци Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсем, тĕнчери халăхсем хушшинчи йăласене пăхмасăр, тăвата державăн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвĕнче пăхса тухмалли ыйтусене Совет Союзĕн представителĕ хутшăнмасăр хăйсем тĕллĕн палăртса хума шут тытнă. Çакăн пек ĕçе йĕркеллĕ ĕç теме çук. Ситменнине тата ку вăл Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвĕсем пирки халиччен йышăннă килĕшӳсене хирĕç пырать. Кунсăр пуçне, виçĕ державăн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсем çакăн пек малтанах каварлашса хуни тăватă державăн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвĕн пĕтĕм ĕçне ăнăçсăр туса хума пултарать. Çакăн пек вывод акă мĕнрен тухса тăрать: çак канашлăва хутшăнакан виçĕ министр хăйсене малтанах сепаратлă килĕшӳсемпе тăллантарса хунă, тĕнчери умма тухса тăнă ыйтусене сӳтсе явассине, халиччен темиçе хутчен те ирĕклĕн тата вăл е ку йышши уйрăм обязательствăсем йышăнмасăр пурнăçланă пек, пурнăçлама шутласа та пăхман.

Тĕнчери хальхи условисенче тĕнчери тавлашуллă ыйтусене татса парас ĕçре державăсен канашлăвĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Шăпах та халĕ ĕнтĕ, мирлĕ пурнăçа юратакан государствăсем тăрăшнипе Корейăри вăрçа чарса лартма кирлĕ тата перемири тума кирлĕ майсем туса хунă хыççăн, тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма кирлĕ лайăх условисем пулса тăчĕç. Паллах ĕнтĕ, çак задачăна ăнăçлăн татса парасси мире юратакан пысăк тата пĕчĕк мĕнпур державăсем тăрăшнинчен килет. Анчах та мир пулмалла тăвассишĕн тата тĕнчери хăрушсăрлăхшăн, чи малтан, Пĕрлешнĕ Нацисен организацийĕн Уставĕнче каланă тăрăх, пилĕк держава—Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем, Англи, Франци, Совет Союзĕ тата Китай Халăх Республики ответлă пулса тăраççĕ. Çакна шута хуманни вăл мир тата тĕнчере хăрушсăрлăх пулмалла тăвас тата мирпе хăрушсăрлăха тĕреклетес интересемпе килĕшӳллĕ пулман пулĕччĕ. Тепĕр енчен, Берлинра июнĕн 17-мĕшĕнче пулса иртнĕ фашистла авантюра пек ĕçсене темĕн пирки уйрăмах пысăк вырăна хуни,—ку вăл ĕнтĕ ют çĕршывсене сутăннă этемсемпе уголовнăй элементсен ĕçĕ пулнă,—иллюзисем хыççăн кайни, тимлĕхе чăннипех кирлĕ, тĕнчери хутшăнусене лайăхлатас тĕлĕшпе тăракан пысăк пĕлтерĕшлĕ фактсенчен пăрса яма хăтлании пулать.

Çӳлте асăннă шухăшсене шута илсе, Совет Правительстви çакăн пек тăвасшăн тăрать: Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвĕнче тĕнчери хутшăнусенчи ĕçсене пĕтĕмĕшлĕн çăмăллатассипе çыхăнса тăракан ыйтăва, вăл шутра хĕçпăшалсене чакарасси çинчен, итти государствăсен çĕрĕсем çинче ют çĕршывсен çар базисене тытса тăма ирĕк памалла марри çинчен тăракан ыйтусене пăхса тухмалла. Кунта тата тĕнчери хутшăнусем тĕлĕшпе тăракан вăл е ку ыйтусене мĕнле йышпа сӳтсе явма кирли çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма май килнине шута хумасăр тăни пулмалла мар.

Асăннă ыйтусене пăхса тухма кирли Европăри ĕçсенчен кăна мар тухса тăрать. Паллă ĕнтĕ, Ази çĕршывĕсенчи ĕçсем те, хăйсен çивĕччĕн тăракан ыйтăвĕсемпе пĕрле, тĕнчери çынсене хăйсем çине тимлĕн пăхтараççĕ. Кунтан тата çакă та тухса тăрать: тĕнчери хутшăнусене çăмăллатассипе çыхăнса тăракан ыйтусене сӳтсе явас ĕçе Китай Халăх Республики хутшăнни кирлĕ. Аслă Китай халăхĕ, Китай Халăх Республикине нихçанхинчен те ытла пĕрлешсе тата пĕтĕçсе тăракан халăх, тивĕçлипех халĕ тĕнчери мĕнпур ĕçсенче хăйĕн законлă прависене хисепе хума ыйтать. Çак ыйтăва халех татса пама кирлине хакламанни те мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетмелли интересемпе çыхăнса тăман пулĕччĕ.

США Правительстви июлĕн 15-мĕшĕнче панă нота çинчен каланă май, Совет Правительстви Министрсен канашлăвĕнче Германи ыйтăвне пăхса тухма килĕшет. Анчах та Америка июлĕн 15-мĕшĕнче панă нотăра, çавăн пекех виçĕ ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен Вашингтонра пулса иртнĕ канашлăвĕ çинчен пĕлтерничче те, Германи ыйтăвне чăннипе пăхса тухмалла тăвас вырăнне пурĕ те Америка иртнĕ çулхи сентябрĕн 23-мĕшĕнче панă нотăра кăларса тăратнă сĕнӳсене тепĕр хут кăна асăнса тухнă. Вăл Германи çинчен тăракан тĕп ыйтусене татса пама кирлине шута илмест.

Пурте пĕлеççĕ, Германи халăхĕ, чи малтан, Германие наци тĕлĕшĕнчен пĕрлештерессипе тата мирлĕ договор тăвассипе интересленет. Анчах Америка кăçалхи июлĕн 15-мĕшĕнче панă нотăра, 1952 çулхи сентябрĕн 23-мĕшĕнче панă нотăпа сăлтавласа, Германи тĕлĕшпе тăракан çак тĕп ыйтусене татса парассинчен пăрăнса каять. Асăннă нота та çак тĕп ыйтусене татса пама кирлине шута хуман.

США Правительстви июлĕн 15-мĕшĕнче панă нота Германи тĕлĕшпе тăракан çак тĕп ыйтусене татса памалла тăвас вырăнне пĕтĕм Германире суйлав ирттермелле тăвасси çинчен сĕнӳ кăларса тăратать. Суйлав çинчен тăракан ыйту хăй вăл, Америка иртнĕ çулхи сентябрĕн 23-мĕшĕнче панă нотăра каланă тăрăх, суйлав ирттермелле тăвас вырăнне çак суйлава ирттерме кирлĕ «условисем туса хурас тĕллевпе ĕçе тĕрĕслесе тухма» ют çĕршыв государствисен представителĕсенчен нейтральнăй комисси тенĕскерĕ туса хума сĕнни пулать. Çакăнта каланисенчен акă мĕн тухса тăрать: США июлĕн 15-мĕшĕнче панă нота Германи тĕлĕшпе тăракан тĕп ыйтусене татса пама пулăшăшла мар, çавна пăсма тăвасшăн тăрать. Германипе мирлĕ договор тăвас ыйту çинчен пурĕ, Германие пĕрлештересси çинчен тăракан ыйтăва палăртма мар, пĕтĕм ĕçе нумай вăхăта тăсса пымалла тăвать. Çакăнпа пĕр вăхăтрах Хĕвеланăç Германие тепĕр хут милитаризацилес тĕллевпе кирлĕ ĕçсем туса ирттереççĕ. Çак хăрушлăха Европăри мире юратакан халăхсем, уйрăмах унпа кӳршĕллĕ государствăсем шута илмесĕр тăма пултараймаççĕ. Çак ĕçсене пурне те Аденауэрăн Бонри правительствипе килĕштерсе консультаци ирттернĕ тăрăх туса пыраççĕ пулсан,—кун пирки июлĕн 15-мĕшĕнче панă нотăра çаплах каланă ĕнтĕ,—ку вăл Германи халăхĕ, итти халăхсем пирки каламасан та, çакнашкал правительствăна шанса тăрассине татăклăнах хăвшатма кăна пултарать.

Совет Правительстви çапла шутлать: çакнашкал сĕнӳ вăл Германие пĕрлештерессине, Пĕтĕм Германин демократилле правительствине туса хурассине, çавăн пекех тата Германипе мирлĕ договор тăвассине пулăшма пултараймасть кăна мар тата Германие халичченхи пекех икĕ пая—Хĕвеланăç тата Хĕвелтухăç пайне—уйăрнипех хăварать, мирлĕ договор тăвассине халичченхи пекех нумай вăхăта тăсса пымалла тăвать. Çакăнпа пĕр вăхăтрах Хĕвеланăç Германие тепĕр хут милитаризацилес тĕллевпе кирлĕ ĕçсем туса ирттереççĕ. Çак хăрушлăха Европăри мире юратакан халăхсем, уйрăмах унпа кӳршĕллĕ государствăсем шута илмесĕр тăма пултараймаççĕ. Çак ĕçсене пурне те Аденауэрăн Бонри правительствипе килĕштерсе консультаци ирттернĕ тăрăх туса пыраççĕ пулсан,—кун пирки июлĕн 15-мĕшĕнче панă нотăра çаплах каланă ĕнтĕ,—ку вăл Германи халăхĕ, итти халăхсем пирки каламасан та, çакнашкал правительствăна шанса тăрассине татăклăнах хăвшатма кăна пултарать.

США Правительстви июлĕн 15-мĕшĕнче панă нота пирки çӳлте çапла каланă пулсан та, Совет Правительстви Германи ыйтăвне державăсем пĕрле сӳтсе явассине пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç вырăнне хурать, çав вăхăтрах вăл тата çакна шанса тăрать: çакăн пек сӳтсе явни вăл Германи пĕрлĕхне туса хурас тĕлĕшпе çыхăнса тăракан тивĕçлĕ ыйтусене пур енчен те пăхса тухма май парать, Германипе тумалли мирлĕ договор çинчен тăракан ыйтăва татса панипе Европăри мир ĕçне тĕреклетме пулăшать.

Çӳлте каланисене шута илсе, Совет Правительстви çапла сĕнет:

1. Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвĕнче, çӳлте каланисене шута илсе, тĕнчери хутшăнусене çăмăллатмалли ĕçсене пăхса тухмалла.

2. Канашлура Германи ыйтăвне сӳтсе явмалла, ку шута Германи пĕрлĕхне туса хурас тата мирлĕ договор тăвас ыйтусене те кĕртмелле.

Австри договорĕ çинчен тăракан ыйтăва илес пулсан, ку тĕлĕшпе Совет Правительстви мĕнле позици тытнине вăл хăй июлĕн 30-мĕшĕнче США, Англи тата Франци Правительствисене ярса панă нотăсенче палăртнă. Паллă ĕнтĕ, Германи ыйтăвне татса парас ĕçре пулма пултаракан ситĕнӳсем Австри ыйтăвне те татса пама пулăшнă пулĕччĕç.

Совет Правительстви Англи тата Франци Правительствисене те çакăн пек нотăсем ярса парать.

## Хаçатсене пăхса тухни

# Парторганизацисен ĕçне тĕплĕн çутатса тăмалла

Партин XIX-мĕш съездĕ хыççăн республикăри районсенчи хаçатсем чылайăшĕ парти организацийĕсен ĕçне лайăхрах çутатса тăма пуçларĕç.

Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ» хаçат (редакторĕ Н. Квасов юлташ) юлашки вăхăтра районти парти организацийĕсен партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçне лайăхрах çутатни палăрать. Хаçатăн «Парти пурнăçĕ» ятлă пайĕнче час-часах пуçламăш парторганизаци секретарĕсен, парти райкомĕн секретарĕсемпе ытти ответлă работникĕсен, пропагандистсемпе агитаторсен статйисем пичетленеççĕ. Хаçат ĕçне пуçламăш парторганизаци секретарĕсенчен А. Емельянов, А. Захаров, Г. Иванов, В. Павлова, Б. Кокорев юлташсем уйрăмах активлăн хутшăнаççĕ. Вĕсем хăйсен статйисенче парторганизацисен лайăх ĕçĕпе паллаштараççĕ, коммунистсем производствăра, вĕренÿре малта пыни çинчен каласа параççĕ, çав вăхăтрах партипе государство дисциплинине çирĕплетес тĕлĕшпе ответлăх туйман коммунистсемпе ытти работниксене критиклеççĕ.

Хаçат хăйĕн ĕçне партин XIX-мĕш съездĕ лартнă пысăк та ответлă задачăсене пурнăçлас тĕллевпе туса пыма тăрăшни курăнать. Вăл кăçал парти организацийĕсен шалти ĕçĕсене лайăхлатас, партилле-политикăлла ĕçе хуçалăх ĕçĕсемпе тĕрĕс çыхăнтарса пырас, идеологиллĕ ĕçе вăйлатас ыйтусене хускатрĕ. Хаçат уйрăмах парти организацийĕсен идеологиллĕ ĕçĕн ыйтăвĕсене çивĕччĕн лартрĕ. «Парти пурнăçĕ» ятлă пайра пичетленнĕ материалсенчен чылайăшĕ — парти вĕренĕвĕ çинчен çырнă статьясемпе заметкăсем. Партин XIX-мĕш съездĕн материалĕсене, И. В. Сталинăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине коммунистсем кружоксенче тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренни çинчен пропагандистсем хаçатра тĕплĕн çырса пĕлтерчĕç, хăйсен паха ĕçĕсем çинчен каласа пачĕç, çав вăхăтрах ку ĕçре пулнă чăрмавсемпе çитменлĕхсене палăртрĕç.

Хаçат кăçал агитколлективсен, идеологи учрежденийĕсен ĕçне те ытти çулсенчинчен туллинрех çутатса тăчĕ. Ĕççыннисене кино кăтартас ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе те ĕçлерĕ.

Çапах та «Октябрь ялавĕ» хаçат парти организацийĕсен çăлкуç пек тапса тăракан нумай енлĕ хĕрÿллĕ ĕçне пур енлĕн те тĕплĕн çутатса тăраймасть-ха. Хаçатăн чи пысăк çитменлĕхĕ—парти организацийĕсен ĕçне пĕр енлĕн кăна çутатнинче.

Комсомольски районĕ кăçал çурхи уйхир ĕçĕсене ăнăçлă вĕçлерĕ, ытти хăшпĕр хуçалăх ĕçĕсене те лайăх пурнăçласа пырать. Çапах районти пуçламăш партпарторганизацисен ĕçĕнче пурте йĕркеллĕ, çитменлĕхсем çук, теме пулать-и-ха? Паллах, çук. Тĕслĕхшĕн—районти хăшпĕр парторганизацисенче партипе государство дисциплинине çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçсем япăххине илсе кăтартар. Хаçат ку тĕлĕшпе кăçал пĕр паллă материал та пичетлемен. Партин районти чылай организацийĕсенче çамрăк коммунистсемпе, парти членĕн кандидачĕсемпе ĕçлес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пур, чылайăшĕн кандидатра тăмалли срокĕсем иртсе кайнă. Хаçат çак ыйтупа та кирлĕ пек интересленмест-ха.

Центральнăй Комитет парти организацийĕсен умне тĕп вырăна партин шалти демократине çине тăрсах пурнăça кĕртсе пырас, критикăпа самокритикăна вăйлатас, çак никĕс çинче парти органĕсен ĕçне партири массăсем тĕрĕслесе тăрассине вăйлатас задача лартрĕ. Çакă вăл партилле пĕтĕм ĕçе вăйлатмалли, парти организацийĕсен тата парти членĕсен активлăхĕпе пултарулăхне çĕклемелли май пулĕ тăрать. Анчах хаçат критикăпа самокритикăна вăйлатас тĕлĕшпе халлĕхе çителĕксĕр ĕçлет. Калас пулать, «Парти пурнăçĕ» пайра пичетленекен хăшпĕр материалсенче уйрăм çитменлĕхсем çинчен асăнса иртеççĕ, анчах ĕçри чăрмавсен тĕп сăлтавĕсене тарăнăн уçса палăртмаççĕ.

Хаçат пуçламăш парторганизацисен секретарĕсене кулленхи ĕçре тивĕçлипе пулăшса тăмасть. Парти организацийĕсене пулăшса тăмасть. Парти организацийĕсене ертсе пырас тĕлĕшпе туса хатĕрленĕ çирĕп принципсене—сăмахран, парторганизацисен ĕçне коллективлăн ертсе пырассине пурнăçлас тĕлĕшпе хаçат нихăш парторганизаци ĕçне те тĕплĕн кăтартса памарĕ. Çавăн пекех хаçатра парти пухăвĕсене иртерес ĕçри паха опыта пĕтĕçтерни те пулмарĕ.

«Октябрь ялавĕ» хаçат районти комсомол организацийĕсен ĕçне çутатас тĕлĕшпе те малтанхи утăм кăна тунă-ха. Хаçат комсомолецсемпе ялти çамрăксен паха пуçарăвĕсене сарса пырассишĕн кирлĕ пек тăрăшмасть. Пĕр-ик тĕслĕх илсе пăхар. Хырай Енелĕнчи 7 çул вĕренмелли шкулти комсомолецсемпе пионерсем кăçалхи майăн 10-мĕшĕнче районти шкулсенчи комсомолецсемпе пионерсене тимĕр-тăмăр пухас ĕçе организацилеме чĕнсе каларĕç. Кун хыççăн хаçат пĕр-ик заметка пичетлерĕ те çак паха пуçару çинчен манчĕ. «Гигант» колхозри комсомолецсемпе çамрăксем çуракине пур енчен те хатĕрленсе çитес тĕлĕшпе активлă ĕçлеме районти мĕнпур çамрăксене чĕнсе каланине, çавăн пекех Елчĕк районĕнчи Аслă Елчĕкри пионерсемпе шкул ачисем республикăри шкулсенче садсем ĕрчетме тата опытлă участоксем тума чĕнсе каланине сарас тĕлĕшпе те хаçат хăйĕн пуçарулăхне кăтартаймарĕ.

«Октябрь ялавĕ» хаçатăн малашне парти организацийĕсен ĕçне пур енлĕн, туллин çутатса тăма тăрăшмалла. Парторганизацисен ĕçĕнчи паха опыта ытларах пухса пĕтĕçтермелле. Парторганизацисем партилле-политикăлла ĕçе хуçалăх ĕçĕсемпе тĕрĕс çыхăнтарса пынине, партилле-организацилле тата идеологиллĕ ĕçсене малалла вăйлатса пынине анлăн çутатса тăмалла. Çак пысăк задачăна хаçат хăйĕн ĕçне пуçламăш парторганизацисен секретарĕсене, парти активне активлăнрах хутшăнтарсан кăна ăнăçлăн пурнăçлама пултарать.

## „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

### „Заготзерно" пункчĕ хатĕр мар"

Парти Йĕпреç райкомĕ: «Коммунизм ялавĕ» хаçатра июлĕн 8-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Заготзерно» пункчĕ хатĕр мар» ятлă çырура çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса панă, тесе пĕлтерчĕ. Çырăва июлĕн 28-мĕшĕнче КПСС райкомĕн бюро ларăвĕнче сÿтсе явнă. Бюро «Заготзерно» пункчĕн директорне Степашкин юлташа ĕçри çитменлĕхсемшĕн хытă ятланă.

«Заготзерноn» Чăваш республикинчи кантурĕн управляющийĕ «Заготзерно» пункчĕ хатĕр мар» ятлă çырура кăтартнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

# Хамăр республикăра

* *

## Шкул çуллахи кунсенче

Аслă Елчĕкри çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренÿ çулĕ ăнăçлă вĕçленчĕ. Кăçал VII-мĕш класран 50 ача вĕренсе тухрĕ. Вĕсен умĕнче нумай çулсем. Кам пулас? Ăçта вĕренме каяс? Вĕренсе тухнисенчен ытларахăшĕ техникумсене кайма ĕмĕтленет. Николай Катковпа Алексей Маймулов Юдинăри чугун çул училищине, Николай Пĕчковпа Петр Чернов юханшыв флочĕн училищине вĕренме кĕрессшĕн. ФЗО шкулĕсене каяс текенсем—12 çын. Чылайăшĕсем медицина, ветеринари техникумĕсенче вĕренме ĕмĕтленеççĕ.

Аслă Елчĕк ачисем техникăна вĕренме ĕмĕтленнинчен тĕлĕнмелли нимĕн те çук, мĕншĕн тесен вĕсене шкул мастерскойĕсенче, садĕнче, питомникĕсенче кулленех практикăлла ĕçсене тума вĕрентнĕ, техникăпа паллаштарнă. Вĕсем хăйсен вăйĕпе шкул садне шăварса ÿстернĕ.

Шкул çумĕнчи опытлă участок 1,68 гектар лаптăк йышăнать. Питомникре тĕрлĕрен йывăççем 340.000 тĕп. Вăл шутра 1.240 улмуççи, 3.000 хурлăхан, 25.000 юман, темиçе çĕр тĕп ытти йывăççем. Кунтах иçĕм çырлин тĕрлĕ сорчĕсем çитĕнеççĕ.

Хăйăр сапнă тÿп-тÿрĕ аллейĕсен икĕ енĕпе—шап-шурă лапсăркка хурăнсем. Сад варринче—30 ача вырнаçмалăх беседка лартнă. Унта биологипе уçă уроксем иртерме палăртнă.

Опытлă участоксенче ачасем вăйлă тырпул туса илме, агротехника наукин çитĕнĕвĕсемпе усă курма вĕренеççĕ. Çак тĕллевпе пахча çимĕç культурисен участокне 8 пусă çине уйăрнă, пĕрчĕллĕ культурăсене 10 пусă çаврăнăшĕпе туса илеççĕ. Халĕ опытлă участокра хĕрÿ ĕç пырать. Пĕрисем—çимĕçсене çумкурăксенчен тасатаççĕ, теприсем—томатсемпе хăярсене, арбузсемпе дыньăсене шăвараççĕ, ыттисем—тин пиçсе çитнĕ ĕçтеклĕ çырласене пухаççĕ.

Шкул участокĕ пуян. Пахча çимĕççисене сутса шкул çулсерен пиншер тенкĕ тупăш илет. Шкул садне ачасем те, учительсем те юратаççĕ. Садри опытпа паллашма колхозниксем йышлăн çÿреççĕ.

Çуллахи кунсенче мастерскойра та ĕç вĕрет. Математикăпа физика учителĕ М. М. Каринкин ертсе пынипе ачасем туса хатĕрленĕ наглядлăй пособисене шкулăн пур кабинечĕсенче те курма пулать: водопровод моделĕ, реостат, физика приборĕсем, тискер кайăксен (тилĕ, мулкач, каюра, пăсара т. ыт. те) кÿлеписем. Кунтах шкулăн радиоузелне туса хатĕрленĕ. Вăл 20 точкăллă.

Шкулăн краеведени музейне нумай пулмасть организациленĕ. Кунта экспонатсем чылай пухса хатĕрленĕ. Аваллăхи чăвашсен тумтирĕсем (хĕрарăм кĕпи, тухъя т. ыт. те), мамонтăн 26 килограмлă янах шăмми, шкул участокĕнче туса илнĕ рекордлă культурăсен коллекцийĕсем, район территорийĕнче пурăнакан чĕрчунсен кÿлеписем т. ыт. те нумай. Музей руководителĕ И. Е. Егоров хăйĕн ĕçне юратса тăвать, музея пуянлатассишĕн тăрăшать. Çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленсе, шкул çĕнĕрен 1.200 метр тăршшĕ карта тытрĕ. Физкультурăпа спорт площадки турĕ. Парттăсемпе сĕтелсене, наглядлăй пособисене юсанă. Тĕрлĕ наглядлăй пособисем 1.000 тенкĕлĕх ытла туяннă.

Хаваслă та усăллă иртет ачасен çуллахи канăвĕ. 90 ача БГТО нормисене пачĕç, 200 ача ытла тĕрлĕ экскурсисенче пулчĕç.

**О. САЗОНОВ.**

## Тухăçлă коконшăн

СОВЕТСКИ. Районти колхозсем виççĕмĕш çул ĕнтĕ юман çулçипе тăранса пурăнакан пурçăн хурчĕсем ĕрчетеççĕ. Иртнĕ çулта район кокон хатĕрлемелли плана 233 процент тултарчĕ.

Киров ячĕпе тăракан колхоз пĕлтĕр кокон туса илмелли плана иртгерсе тултарнă, пурçăн хурчĕ ĕрчетсе 20 пин тенке яхăн тупăш илнĕ. Пурçăн хурчĕ ĕрчетес ĕçе кунта кăçал та лайăх йĕркеленĕ. Г. Бычков бригадир кокон хатĕрлемелли плана икĕ хут иртгерсе тултарма, кокон пахалăхне ÿстерме обязательство илнĕ. Халĕ кокон хатĕрлес ĕç пырать.

Юман çулçипе тăранса пурăнакан пурçăн хурчĕсем ĕрчетессине Буденный ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан, «Восход» колхозсенче те лайăх йĕркеленĕ.

**Я. СИГАЕВ.**



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Канаш деповĕнчи слесарь-стахановец В. П. Касимцев юлташ. Производство заданине вăл кашни кунах иртгерсе тултарать.
Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Октябрьскинчи çу заводĕнчи стахановка К. П. Тихонова юлташ. Вăл нормăна кунсеренех 150—200 процент тултарать.
Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Учебниксем хатĕр

Учебниксем пичетлесе кăларас тĕлĕшпе ĕнер çулленех пек юлса пыраттăмăрччĕ. Хăшпĕр учебниксем ачасем пĕрер уйăх вĕренÿ хыççăн тин шкулсене çитетчĕç.

Кăçал Чăвашгосиздат 1953—1954 вĕренÿ çулĕ валли кăларма палăртнă учебниксене пурне те кăларса çитерчĕ. Июлĕн 25-мĕшĕ тĕлне 22 учебник пичетлесе кăларнă. Кунсăр пуçне 1953—1954-мĕш вĕренÿ çулĕ валли тепĕр учебник иртнĕ çултах пичетленĕ.

Çапла ĕнтĕ, кăçалхи вĕренÿ çулĕ валли пурĕ 23 учебник—375.300 кĕнеке (102,3 процент) пичетлесе тухнă.

Вĕсенчен кĕнеке сутакан организацисене 340.000 кĕнеке ытла (96 процент) панă.

Учебниксене вăхăтра кăларма Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ малтанах кăтартусем панипе çирĕп график йышăнни пулăшрĕ.

Учпедгиз пичетлесе кăларнă учебниксемсĕр пуçне, кăçал Чăвашгосиздат кăларнă учебниксемех 365.000 кĕнеке шкулсене çитмелле. Вĕсенчен нумайăшне халĕ типографире хатĕрлесе çитернĕ те кĕнеке сутакан организацисене панă. Икĕ учебникăн—IV-мĕш класра вырăс чĕлхине вĕренмелли учебникăн тата «Вăтам ĕмĕрсен историйĕн» пĕтĕм тиражĕ çеç хатĕр мар.

Кĕнеке сутакан организацисем учебниксене нумайăшне районсене янă. Чăваш АССР тулашĕнчи чăваш шкулĕсем валли 61.387 учебник ыйтса янă пулсан, июлĕн 25-мĕшĕ тĕлне вĕсене Шупашкартан 58.000 учебник ярса панă.

Кăçал пирĕн типографи те лайăхрах, тирпейлĕрех ĕçлеме тытăнчĕ. Кĕнекесенчи саспаллисем те, ÿкерчĕкĕсем те ытти çулхинчен лайăхрах пичетленнĕ. Кĕнекесене çĕлессе те лайăхрах çĕленĕ, хуплашкисем те аван. (Кăçал учебниксем пурте хытă хуплашкаллă пулаççĕ).

Анчах та ĕç пур енĕпе те лайăх пырать теме çук-ха.

Кăçал та Çутĕç министерствипе Чăвашгосиздат шкулсем валли программăсене вăхăтра пичетлесе кăлараймарĕç. 6 программăран паянхи куна иккĕшĕ çеç пичетленсе тухнă тата иккĕшĕ пичетленеççĕ кăна-ха.

Программăсене те, учебниксемпе пĕрлех, вĕренÿ çулĕ пуçланиччен ик-виçĕ эрне малтан шкулсене çитермелле-çке! Вĕсене Чăваш АССР республикинчи шкулсене кăна мар, чăваш шкулĕсем пур республикăсемпе облаçсене (ун пеккисем 20-рен те иртеççĕ) пур çĕре те вăхăтра çитерес пулать.

Чăвашгиз планĕ тăрăх, шкулсем валли методикăлла пособисем, класа стена çине çакмалли таблицăсем чылай кăлармалла. Вĕсене хатĕрлеме тин çеç тытăннă-ха. Хăшпĕр кĕнекесене (пуçламăш шкулта изложенисемпе сочиненисем çырмалли материалсен сборникĕсем, пуçламăш шкулта пĕр вăхăтрах 2—3 класра ĕçлекен учительсем валли пособи) пичетлесе кăларма панă. Ик-виçĕ кĕнекине редакцилесе çитернĕ ĕнтĕ. Вĕсем те каярах юлчĕç, ыттисем вара вĕренÿ çулĕ пуçланиччен шкулсемпе учительсем аллине çитесси çинчен калама та йывăр.

Кун пек литературăна авторĕсем те вăхăтра хатĕрлесе памаççĕ, авторĕсенчен илнĕ хыççăн та алçырăвĕсене редакцилесе Çутĕç министерствинче çирĕплетесси питĕ вăраха юлса пырать. Тепĕр енчен тата пирĕн типографисемпе вĕсен ĕçне ертсе пыракансем те ку ĕçе çителĕклĕ тарăн хакламаççĕ. Вĕсем тимлесе тытăнманнипе пирĕн питĕ кирлĕ пособисем пичетленсе тухаймаççĕ.

Издательство планĕ тăрăх, иртнĕ çултах литература кабинечĕсем валли чăвашсен паллă писателĕсен (Çеçпĕл Мишши, Ф. Павлов, М. Данилов-Чалдун, Хумма Çеменĕ, С. Эльгер тата ыттисен) портречĕсене кăларма палăртнăччĕ. Ку портретсем кăçал та çук-ха. Халĕ ĕнтĕ çак ĕçе 1954 çулта йĕркелесе çитересси çинчен сăмах хускатаççĕ.

Чăваш чĕлхине вĕрентнĕ чух грамматика правилисене лайăхрах хăнăхтарма ачасене урок вăхăтĕнче кăтартмалли е стена çине çакса хумалли таблицăсене пичетлеме панăранпа 3 çул çитет ĕнтĕ. Анчах таблицăсем çаплах çук-ха. Фонетикăпа морфологи, синтаксис, чарăну палли лартмалли йĕркесен таблицисем — пурĕ 70 таблица ытла—Культура министерстви типографисене шултра шрифтсем кÿрсе параса кĕтсе выртаççĕ.

Çук, текех ĕнтĕ кĕтме çук. Пичетлеме май тупмасăр е май тупасшăнах мар пулса ларакансене май туптарасах пулать. Чăваш шкулĕсене тек таблицăсемсĕр, картинăсемпе портретсемсĕр тата ытти методикăлла пособисемсĕр хăвармалла мар.

Вырăнти типографи ку ĕçе тума халех хатĕрленсе е хăнăхса çитеймест пулсан, нумай сăрпа пичетлемелли хăшпĕр таблицăсене ытти пысăк типографисенче пичетлесси çинчен каласса татăлас пулать.

Учебниксемпе пĕрлех методикăлла пособисем, таблицăсем тата шкул библиотеки валли илемлĕ литературăпа наука çинчен пурне те ăнланмалла çырнă кĕнекесем те вăхăтра тухса пычăр.

**Н. ВАÇАНККА.**
Чăвашгиз редакторĕ.

## Агиткультбригада колхозсенче

ИШЛЕЙ. ВЛКСМ райкомĕпе районти культура çуртĕ тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра колхозниксене культурăллă канма пулăшас майпа агиткультбригада организациленĕ. Бригадăра лекторсемпе докладчиксем тата художествăллă пултарулăх коллектив членĕсем тăраççĕ. Агиткультбригадăна С. Маркитанов юлташ ертсе пырать.

Бригада колхозсенче пулса «Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарчĕ», «Тĕнчери лару-тăру» темăсемпе лекцисем иртгерет, концерт парать. Концерт программинче чăваш тата вырăс композиторĕсен юррисем, сăвăсемпе такмаксем пур.

Агиткультбригада членĕсем колхозниксене хаçат-журнал вуласа параççĕ, стена хаçат редакторĕсене боевой листоксем кăларма пулăшаççĕ.

**Н. АМУРЦЕВ.**

## ФЗО шкулне каяççĕ

ЕТĔРНЕ. Тимирязев ячĕпе тăракан колхоз çамрăкĕсем ФЗО шкулĕсене вĕренме нумай каяççĕ. Çак кунсенче Н. Кармальский, Н. Воробьев, Н. Тургин, В. Бажайкин çамрăксем Кемерово облаçĕнчи ФЗО шкулне вĕренме кайрĕç.

Виктор Бажайкинăн пиччĕшĕ А. Бажайкин Челябинск хулинчи ФЗО шкулĕнчен вĕренсе тухнă, халĕ Челябинск облаçĕнче 5-мĕш разрядри каменщик пулса ĕçлет. Вăл уйăхне 1.000—1.200 тенкĕ таран ĕçлесе илет. В. Бажайкин та пиччĕшĕ пекех ĕçчен ача. Вăл кăçал ФЗО шкулне вĕренме кайиччен, колхозра 120 ĕçкунĕ тунă.

— Манăн та пичче пекех пысăк стройкăсенче специалист пулса ĕçлес килет,—тет вăл.

Халĕ тата ытти çамрăксем те ФЗО шкулĕсене кайма хатĕрленеççĕ.

**М. ЗАХАРОВ.**

## Республика столицинче

# Художество галерейи

Эпир чăнкăрах пусма тăрăх иккĕмĕш хута хăпаратпăр. Акă паркет урайлă пĕрремĕш зал. Кунта Леонардо да Винчи çырнă «Джоконда» ятлă чаплă картинăн репродукцийĕ, Рембрандт художникăн «Автопортрет» ятлă картинин копийĕ килекенсен куçĕсене илĕртеççĕ.

Вырăссен паллă художникĕсем Рокотов, Орловский, Саврасов, Поленов, Куинджи, Левитан, Маковский, Айвазовский çырнă картинăсем галлерея залĕсене илемлетеççĕ. Шишкинăн «Лесная речка» ятлă пейзажĕнче хура вăрман хушшипе юхакан çырмана питĕ илемлĕ кăтартнă. Айвазовскин «Буря на море» ятлă ÿкерчĕкĕ паттăр та хăюллă çынсем тăвăла хирĕç кĕрешни çинчен калать. Пур енчен те пысăк та хăрушă хумсем кимме çапăнаççĕ, апла пулин те çынсем çутçанталăк хаярлăхне çĕнтерессĕнех туйăнать.

Тепĕр залра прикладной искусствăн произведенийĕсене кăтартнă. Кунта вырăс фарфор мастерĕсем тунă тĕрлĕ савăт-сапасене курма пулать. Кунтах Китайпа Японири çĕршывĕнче тунă питĕ те сайра тĕл пулакан вазăсем пур. Çак залра иртнĕ ĕмĕрти ятсăр чăваш художникĕ касса тунă капăр кресло ларать. Унăн хыçне илемлĕ пĕкĕ евĕр тунă, икĕ алăпа тайăнмаллине икĕ пуртă пек касса хăварнă, лармалли хăма çине алшиш хĕреслĕ хунă, такам вĕсене тин çеç хастарлă ĕçленĕ хыççăн хурса хăварнă, тейĕн. Çак детальсемпе талантлă мастер чăваш халăхĕн ĕçри хастарлăхне, вăл ĕçе юратса тунине кăтартасшăн пулнă.

Çак залрах Çĕмĕрле мастерĕ Шувалов йывăçран касса тунă «Песня о Сталине» ятлă композицие кăтартнă. Ана Кремль башни евĕр тунă, ун çинче аслă çулпуçăн барельефне питĕ мастерла касса тунă. Башньăн кашни еннех Сурков поэт сăмахĕсем тăрăх Блантер композитор çырнă юррăн куплечĕсене касса çырнă:

> На просторах Родины чудесной,
> Закаляясь в битвах и труде,
> Мы сложили радостную песню
> О великом друге и вожде.

Вăрăм коридор тăрăх график-художниксен ĕçĕсене çакса тухнă. Кунта уйрăммăнах Богаткин художникăн «Красная площадь» тата «Советские войска в Берлине» ятлă ÿкерчĕксем паларaççĕ. Çак картинăсенче çутă савăнăç нумай, вĕсенче нимĕç халăхне ирĕк панă вăйлă та çирĕп совет салтакĕсен паттăрлăхĕ курăнать. Сталинла преми лауреачĕ Пророков хăйĕн ÿкерчĕкĕсене тĕнчери лару-тăру темисем тăрăх çырнă. Империалистсем çĕнĕ вăрçă пуçласа ярассишĕн хыпнине художник хаяррăн питлет, вĕсем халăх умĕнче вăйсăррине уççăн кăтартса парать.

Тăваттăмĕш залра—совет художникĕсем çырнă живопись искусствин произведенийĕсем. Денисовский çырнă «Члены правительства осматривают машины в Кремле» ятлă картина уйрăмах пысăк вырăн йышăнать.

Сталинла преми лауреачĕ Шурпин сăрпа тунă «Встреча друзей» ятлă картина совет колхозникĕсен çĕнĕ пурнăçĕпе йăлине тĕрĕс те илемлĕ кăтартать. Çапсутă пÿртре пĕр-пĕрне лайăх пĕлекен çынсем пуçтарăннă,—вĕсенчен пĕри виолончель калать. Кашниех çак кĕвве хумханса итлет, пурте савăнăçлă, пурте хаваслă.

Молоров художник ÿкернĕ «Комбриг Селиванов» тата РСФСР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ Ряжский çырнă «Портрет чувашки» ятлă картинăсене чăваш халăхĕн сăн-сăпатне тарăн, витĕр кăтартнă.

Бялыницкий-Бируля художникăн «Зазеленело» тата «Болото», Яковлевăн «Осенняя пахота», Крыловăн «Утро» ятлă сăрпа тунă ÿкерчĕкĕсем çутçанталăка чаплăн кăтартаççĕ. Галлерея залĕсенче скульптура произведенийĕсем те чылай. Кунта паллă скульпторсем Антокольский, Гинзбург, Андреев тунă фигурăсем пур.

* * *

Галерейăра чăваш художникĕсен творчестви РСФСР тата Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕн М. С. Спиридоновăн ĕçĕсемпе уçăлать. Акă Муркаш районĕнчи колхоз членĕн Степановăн портречĕ. Вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе хастарлă ĕçлет, правительство ăна орденпа наградăланă. Степанов сăнне художник питĕ пĕлсе кăтартнă, унăн питкуçне, çирĕп кăкăрне, ĕçпе пиçнĕ аллисене лайăх ÿкернĕ. Хастарлă ĕçленĕшĕн çак колхозника пурте чыслаççĕ, хисеплеççĕ, çакна художник витĕмлĕ сăрласа кăтартнă. Çакăнтах Ирина ятлă чăваш хĕрарăмĕн портретне куратпăр. Савăнăçлă, çутă тĕссемпе ÿкернĕ хĕрарăмăн сăн-сăпачĕ колхозри пултарулла ĕçре телей тупни çинчен калать.

Моисей Спиридонович колхоз пурнăçне тарăн та сывăх пĕлни уйрăмах «Уборка урожая» ятлă пысăк картинăран аван курăнать. Кунта ĕçчен колхоз хĕрачисем ылтăн пек тулă пуçтарнине, вĕсем тăрăшса, питĕ маттур ĕçленине кăтартнă. Художник хăй каланă тăрăх, çак картинăри ÿкерчĕксене малтанхи хут Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра пулнă чухне çырса илнĕ.

Колхоз уй-хирĕн пуянлăхне, совет çыннисен телейлĕ пурнăçне кăтартакан тема паллă, художникăн ĕçĕсенче пысăк вырăн йышăнать. «Моя Родина» ятлă картина Тăван çĕршывăн сăн-сăпатне илемлĕ те тĕплĕн кăтартать. Аслă тинĕс пек уйра тулă хирĕ йăваш çилпе майĕне хумханать. Хĕвеллĕ çутă кун Атăл çуталса выртать, ун хĕрринче Шупашкарăн шурă çуртĕсем курăнаççĕ. Хула енне пысăк вольтлă проводсем чупаççĕ, колхозниксем машинăпа хулана апат-çимĕç сутма каяççĕ.

Тăван çĕршыв пейзажне художник лайăх чухласа ÿкерни «Пшеница золотая» ятлă илемлĕ те уçă картинăран та курăнать.

Художник пуçламăш шкулта вĕренекен хĕрачан портретне çырнă. Çак ÿкерчĕк хĕрачан телейлĕ пурнăçне, унăн савăнăçлă пуласлăхне палăртать. Ку ÿкерчĕке 1946 çулта Пĕтĕм Союзри художество выставкинче Мускавра кăтартнă. Куракансем ăна мухтаса йышăннă.

Галерейăра тепĕр художникăн, Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕн Н. К. Сверчковăн картинисем чылай пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вăл Чăваш АССР историне кăтартас енĕпе чылай ĕçсем тунă. Художникăн малтанхи картинисенчен çаксене палăртас пулать: «Объявление Чувашской Автономии», «Первый трактор в чувашской деревне», «Передача акта на вечное пользование землей», «Участие чуваш в Пугачевском движении» тата «Гибель комиссара Крепкова».

Художник Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче çырнă «Бронепоезд, купленный на средства комсомола Чувашии» ятлă картинăна та кăтартнă. Кунта бронепоезда фронта ăсатнă вăхăта куратпăр. Чугун çул хĕрринче тăракан колхозниксен пит-куçĕнче, тавраna хура пĕлĕтсем капланнă пулин те, çĕнтерÿ шанчăкĕ çунса тăрать.

Н. К. Сверчков нумайранпа республикăри вăрман пейзажне кăтартас енĕпе ĕçлет. Унăн «Чувашские леса» ятлă картинăсен циклĕ пур. Галлерея залĕсенче витĕ илемлĕ тунă «Дорога в лесу», «Сосны, освещенные солнцем» тата ытти ÿкерчĕксене те курма пулать. Кăçал республикăри художниксен выставкинче Н. К. Сверчков вăрман çинчен çырнă ÿкерчĕксене кăтартрĕ. Унта «Дорога в сосновом лесу», «Молодые сосны к вечеру» ятлă картинăсем куракансене савăнтарчĕç.

Тепĕр залра Чăваш республикинчи ытти художниксем ÿкернĕ картинăсене кăтартнă. Акă В. М. Макаровăн «В. И. Ленин в ссылке в с. Кокушкино» ятлă картини. Аслă çулпуç тарăн та витĕр куççемпе инçетелле пăхса тăрать. Макаров художник жанрлă картинăсем çырма юратать. Халĕ вăл «В. И. Ленин готовит на аттестат зрелости чувашина Охотникова» ятлă композициллĕ картина çырса пĕтерет.

Портретсем ÿкерес тĕлĕшпе Макаров нумай ĕçлет. Галерейăра чăваш халăх поэчĕн Эльгерăн портретне курма пулать. Художник поэта пурнăçри пекех тĕрĕс çырнă. Кăçалхи выставкăра В. М. Макаров Сталинла преми лауреачĕ Ф. М. Лукин портретне тата «Утро над озером» ятлă пейзаж кăтартрĕ. Анчах та çак картинăсене туса пĕтерес пирки художникăн чылай ĕçлемелле-ха.

Çамрăк художник-аспирант Николай Овчинников хăйĕн «Подписание декрета об образовании Чувашской Автономной Республики» ятлă картинине пултаруллă çырнă. Малти планра эпир аслă çулпуçсене В. И. Ленина тата И. В. Сталина куратпăр, юнашарах ун чухнехи Тĕпĕçтăвком председателĕ М. И. Калинин тăрать. Чăваш халăх представителĕсем Совет правительствине тав тăваççĕ.

Çамрăк художниксем хушшинче Евгений Поздрин те паллă вырăн йышăнать. Акă вăтă педагог-художник Каменьщиков тата Улатăр больницинчи Мичурин фельдшерăн портречĕсем. Кăçалхи выставкăра талантлă художник сулă юхтаракан Атемасов стахановец портретне кăтартрĕ. Çак ÿкерчĕксем çынсен характерне тарăн кăтартаççĕ. Вĕсене юлашки çулсенче Мускавра пулса иртнĕ художниксен выставкисенче те кăтартнă.

Çамрăк художник ĕçĕсенчен Павел Григорьевпа Роза Ермолаева, Августа Спиридонова картинисене курма пулать.

Скрябин акварельпе тунă ÿкерчĕксем Атăл çинчи стройкăсене кăтартаççĕ. Кунтах графика тĕлĕшпе ĕçлекен П. В. Сизов художник ĕçĕсем пур. Харлампьев, Михаэлис тата ытти художниксен ĕçĕсене те кунта курма пулать.

Галерейăра И. Ф. Кудрявцев скульпторăн юлашки çулсенче тунă пысăк ÿсĕмне курма пулать. Граждăн вăрçи геройĕн, пирĕн землякăн В. И. Чапаевăн скульптурнăй портретне тата унăн фигурине кăтартнă. Художниксен кăçалхи выставкинче И. Ф. Кудрявцевăн чылай скульптурисем пулчĕç. Вĕсен хушшинче чăваш хĕрачин-штукатурщицăн фигури, текстильстройри Балашов стахановец скульптури уйрăмах лайăх пек туйăнаççĕ. Халĕ скульптор чăваш совет поэзин никĕсне хывнă Çеçпĕл Мишшин кĕлеткине тăвас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлет.

Художество галерейи пирĕн республикăри ĕççыннисемшĕн пысăк культура учрежденийĕ пулса тăрать. Кунта кашни кунах рабочисене, колхозниксене, служащисене тата шкулсенче вĕренекенсене курма пулать. Галлерейăна килсе вĕсем хăйсен пĕлĕвне ÿстереççĕ, чаплă искусство произведенийĕсемпе паллашаççĕ.



Китай Халăх Республикин Правительстви ачасемшĕн тата ача амăшĕсемшĕн хытă тăрăшать. Яслисемпе ача сачĕсем лартма çулсеренех нумай укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ. Фабрикăсемпе заводсем çумĕнче ача-пăча учрежденийĕсем уçаççĕ.
 УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чжэцзяньри йĕтĕн çип арлакан фабрикăри работница ĕçе каяс умĕн хăйĕн ачине фабрика çумĕнчи ача садне илсе пынă.

Синьхуа агентствин фотоукерчĕкĕ.

## Кăнтăр-Хĕвеланăç Китайри промышленносăн çитĕнĕвĕсем

ШАНХАЙ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Чунциньри «Синьхуажибао» хаçат çапла çырать: Кăнтăр-Хĕвеланăç Китайри çĕр айĕнчи пуянлăхсене кăларакан тата çавсенчен япаласем тăвакан промышленносăн 52 пысăк предприятийĕнчен 32 предприяти 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхри производство планĕсене иртерсе тултарнă. Плансене иртерсе тултарнă предприятисен шутĕнче — электростанцисем, çĕр кăмрăк кăлармалли шахтăсем, металлурги завочĕсем, машинăсем тăвакан, сахăр тăвакан тата ытти заводсем, пир-авăр фабрикисем, тăвар кăларакан промысласем.

Çур çул хушшинче электричество энергийĕ туса кăлармалли плана 101,68 процент, кокс кăлармалли плана 100,63 процент, хурçă болванкăсем туса кăлармалли плана 116,56 процент, чугун шăратса кăлармалли плана 105,76 процент, тимĕр тăпри кăлармалли плана 121 процент тултарнă.

## Чехословакири ĕççыннисем заданисене срокчен тултараççĕ

ПРАГА, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки телеграф агентстви çакăн çинчен пĕлтерет:

Чехословакири ĕççыннисем пилĕк çуллăх плана пурнăçлас ĕçре çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Июлĕн 29-мĕшĕнче Габартоври «Густав» текен шахтăн коллективĕ çĕр кăмрăкĕ кăлармалли пилĕк çуллăх плана Соколовски çĕр кăмрăк бассейнĕнче пуринчен малтан 100,26 процент тултарнă. Çулталăк вĕçлениччен шахтерсем планран иртерсе 386.000 тоннăран кая мар çĕр кăмрăкĕ кăлараççĕ.

Прагăри «Моторлет» заводăн литейнăй цехĕ пилĕк çуллăх планăн заданине июлĕн 23-мĕшĕ тĕлне 107,32 процент тултарнă.

«Победоносный февраль» ятлă электростанци работникĕсен коллективĕ пилĕк çуллăх планра электричество энергийĕ туса кăларас тĕлĕшпе палăртнă задание июлĕн 10-мĕшĕ тĕлне пурнăçланă. Пилĕк çуллăх плана срокчен тултарни çинчен Острава облаçĕнчи Ян Шверма ячĕпе тăракан электростанци коллективĕ те пĕлтернĕ.

Литвиноври (Устеца облаçĕ) «Корда» ятлă пир-авăр фабрикинчи работница Мария Пилцова пилĕкçуллăх пуçланнăранпа вунăçуллăх нормăна тултарнă ĕнтĕ. Мария Пилцова Совет Союзĕнчи малта пыракан пир-авăр тĕртекенсен опычĕ тăрăх ĕçлеме ăнăçлă вĕренсе пырать, вăл хăйĕн меслечĕпе ĕçлеме фабрикăри ытти работницăсене те вĕрентет.

## *Болгарири хресчен хĕрарăмĕ хăй Совет Союзне кайса çÿрени çинчен мĕн çырать*

СОФИЯ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Работническо дело» хаçат Социализмла Ĕç Геройĕ Донка Панайотова хăй Совет Союзĕнче пулнă чухне мĕн курни çинчен каласа панине пичетленĕ.

— Совет Союзĕнче, тăванла аслă çĕршывра пулма тÿр килнĕшĕн эпĕ хама питĕ телейлĕ тесе шутлатăп,—тенĕ Донка Панайотова. — Совет Союзĕнчи колхозниксем тунă пысăк çитĕнÿсене эпĕ хам куçпа куртăм. Çав çитĕнÿсем пирĕншĕн, Болгарири ĕç хресченĕсемшĕн çул кăтартакан маяк пулса тăраççĕ.

Малалла Панайотова Ставрополь крайĕнчи Ново-Александровск районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоза кайса курни çинчен, колхозниксен пурнăçĕ çинчен, уй-хир бригадисемпе фермăсенче ĕçе мĕнле организацилени тата колхоз сутлăх продуктсем ытларах та ытларах туни çинчен, пысăк тухăçлă тырпул туса илни тата выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем нумай илни çинчен каласа парать. Донка Панайотова колхозра уй-хир ĕçĕсене пĕтĕмпех механизацилениие палăртать. Хĕрсе тырă вырнă чухне уй-хирсемпе итемсем çинчи ĕçсене пĕтĕмпе тенĕ пекех машинăсем тунине курсан, эпир тĕлĕнсех кайрăмăр, тесе çырать вăл.

— Коммунизм тăвакан аслă çĕршывра эпир хамăр мĕн курса пĕлнине хамăрăн кооператив хуçалăхĕнче хăвăртрах пурнăçласа пыма тытăнассишĕн ĕмĕтленни халĕ манăн чун-чĕрери ĕмĕт пулса тăрать,—тесе çырать юлашкинчен Панайотова.

### «СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔ 50 ÇУЛ ТУЛТАРЧĔ (1903—1953)» ЯТЛĂ ТЕЗИССЕНЕ ПОЛЬШĂРА КĔНЕКЕ ТУСА КĂЛАРНĂ

ВАРШАВА, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пропагандăпа агитаци пайĕн тата КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс — Энгельс — Ленин—Сталин институчĕн тезисĕсене — «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарчĕ (1903—1953)» ятлă тезиссене «Книга и знание» издательство кĕнеке туса кăларнă. Кĕнеке пысăк тиражпа пичетленнĕ.

## Польшăри ĕççыннисен канăвĕ

ВАРШАВА, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикин правительстви культурăллă канса сывлăха тĕреклетме ĕççыннисем валли пур условисене те туса парать. Хăйсен отпускне кану çурчĕсемпе санаторисенче ирттерекен рабочисен шучĕ çултан-çул нумайланса пырать. Кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра профсоюзсен кану çурчĕсемпе санаторийĕсенче кăна горняксем, металлургсем, машиностроительсем, пир-авăр тĕртекенсем тата промышленносăн ытти отраслĕсенчи рабочисем — пĕтĕмпе 170 пин çын ытла каннă.

Хальхи вăхăтра кану çурчĕсемпе санаторисенче 35.000 ĕççынни канать. Вуншар пин çын туристла походсене тухса кайнă.

Канакансем валли çĕршывра культурăпа сутĕç учрежденийĕсем нумай.

### АЛБАНИ ХАЛĂХ ПУХĂВĕН СЕССИЙĔНЧЕ

ТИРАНА, августăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Албани Халăх Республикин Халăх пухăвĕн пиллĕкмĕш сессийĕ пулса иртнĕ. Сесси Албанири Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕн, Министрсен Совечĕн тата Халăх пухăвĕ Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕн решенине пăхса тухнă.

Халăх пухăвĕ Омер Нишани Халăх пухăвĕн Президиумĕн председателĕнчен тухнине çирĕплетнĕ. Халăх пухăвĕн Президиумĕн çĕнĕ председателĕ пулма Хаджи Лешие суйланă. Çавăн пекех хăшпĕр министерствăсемпе учрежденисене пĕрлештересси çинчен, Албани конституцийĕн 71-мĕш статьине улăштарасси çинчен тата ытти законсем те йышăннă. Албанири Ĕçлĕх Партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ, Министрсен Совечĕн тата Халăх пухăвĕн Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕ Энвер Ходжана çĕнĕ правительство туса йĕркелеме суйласси çинчен йышăннă решение Халăх пухăвĕ пĕр шухăшлă пулса ырланă. Энвер Ходжа Халăх пухăвĕнче çирĕплетме правительствăн çĕнĕ составне тăратнă тата программăллă сăмах тухса каланă.

Сÿтсе явнă хыççăн Халăх пухăвĕ çĕнĕ правительство составне тата унăн программине çирĕплетнĕ.

Çакăнпа Албанин Халăх пухăвĕн пиллĕкмĕш сессийĕ хупăннă.

### НАМ ИРА ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИН ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТРĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТНĂ

ПХЕНЬЯН, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Пани Корейăн Центральнăй телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕ Нам Ира республикăн Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ пулма уйăрса лартасси çинчен Указ кăларнă.

### ИНДИРЕ ШЫВ ТУЛНИ ПЫСĂК ИНКЕК КУНĔ

ЛОНДОН, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Индири Бихар штачĕн çурçĕрти пайĕнче Кози юханшывĕ тата ытти шывсем тулса сыпансенчен тухнă. Икĕ пин тăваткал миля ытларах территорие шыв илнĕ. Шыв тулнă пирки 2,5 миллион çын инкек курнă.

## „Мĕншĕн выçăпа вилекен американецсем çинчен никам та шухăшламасть?"

### Лос-Анжелосри Социальнăй обеспечени институчĕн председателĕн çырăвĕ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Луисвилльре тухакан «Курьер джорнэл» хаçатăн июлĕн 31-мĕшĕнчи номерĕнче Джордж Маклейн — Лос-Анжелосри (Калифорни) социальнăй обеспечени институчĕн председателĕ çырнă çыру пичетленсе тухнă. Вăл çавна американецсем Хĕвелтухăç Германири халăха «пулăшу» парас тĕлĕшпе авантюрăлла ĕç тума хăтланнă пирки çырнă.

Çырура сăмахран, çапла каланă: «Халĕ пирĕн çĕршывра апат-çимĕç ытлашшипех чухне, мĕншĕн çав ытлашши апат-çимĕçĕн пĕр пайне выçăпа вилес патнех çитнĕ американецсене парасси çинчен никам та шухăшламасть, мĕншĕн никам та çĕнÿ пама хăймасть?

Шухăшласа пăхăр-ха, çав ытлашши çăва, çăмартасене, ветчинана, аш-какая, лярда, сахăра тата сĕте пирĕн стариксемпе суккăр çынсем кашни уйăхрах илсе тăма пултарсан, ку вăл мĕн тери лайăх пулнă пулĕччĕ. Апат-çимĕç çуккипе асап куракан ачасене тата чăлах çынсене çавăн пек пулăшу парсан, ку вăл вĕсемшĕн кĕтмен телей пулнă пулĕччĕ.

Конгресс миллионшар кĕренке çăва Чесапикски залива пăрахма хатĕрленни çинчен эпир хаçатсем çинче вуларăмăр. Пирĕн çĕршыври правительствăн склачĕсенче çĕрсе выртакан апат-çимĕçе йĕкехÿресем тонни-тоннипе çисе янине эпир пĕлетпĕр».

## Бразилире таварсем хакланнине хирĕç кĕрешеççĕ

МОНТЕВИДЕО, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилири «Импренса популар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çĕршывра апат-çимĕç тата куллен кирлĕ таварсен хакĕсем ÿсеççĕ. Таварсем хакланнине хирĕç протестлеме çĕршывра пур çĕрте те митингсем, пухусем тата демонстрацисем ирттереççĕ. Тавар хакĕсем ÿснине хирĕç кĕрешес ĕçе ертсе пыма предприятисенче, профсоюз организацийĕсенче тата рабочисем пурăнакан районсенче комитетсем тăваççĕ.

Общественносăн нумай представителĕсем, политикăлла деятельсем, профсоюзсен тата хĕрарăмсен организацийĕсен руководителĕсем, федеральнăй конгресс депутачĕсем тата муниципальнăй советниксем çĕршывра хаксем ÿснине хирĕç кĕрешекенсем майлă тăраççĕ тата çав кĕрешĕве хутшăнакансен пĕрремĕш конгресне пухма шутланине ырлаççĕ.

## Кубăра полици прогрессивлă деятельсене хытă хĕсĕрлет

### Кубари халăхăн социалистла партийĕн заявленийĕ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Пренса Континенталь информаци агентстви Кубари профсоюз деятелĕсене нумайăшне, çав шутра Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн исполком членне Ласаро Пеньяна тытса хупни çинчен пĕлтернĕ. Полици тата Кубари халăхăн социалистла партийĕн председателĕн Хуан Маринельон, партин генеральнăй секретарĕн Блас Рокăн тата ытти прогрессивлă деятелĕсен хваттерĕсене тапăннă. Вĕсене полици нумай пулмасть Сант-Яго тата Баямо хулисенче правительствăна хирĕç пулнă пăлханусене хутшăннă тесе айăплать. Çавна май халăхăн социалистла партийĕ Куба халăхне чĕнсе çыру янă. Партин заявленийĕнче, сăмахран, çапла каланă:

«Вырсарникун, июлĕн 26-мĕшĕнче, Сант-Яго тата Баямо хулисенчи çар казармисенче восстанисем пулнă. Ку восстание оппозицири буржуалла тата вак буржуалла ушкăнсем Батиста правительстви вĕсене хирĕçле ĕçсем тунăшăн пуçарнă.

Батиста правительстви çавăн пек пăлхав пулнипе усă курчĕ. Эпир яланах çавăн пек пăлхавсене сивленĕ, ун пек пăлхавсем тăвассине хирĕç хытă тăнă. Пулса иртнĕ пăлхавра пĕр-пĕрне касса-чиксе 100 çынна вĕлернĕ. Кунсăр пуçне, çавăн пек пăлхав пулнипе Батиста коммунистсене хирĕç усал шухăш сарма усă курать.

Хĕçпăшаллă вăйсен отрячĕсем халăхăн социалистла партийĕсен çурчĕсенче пĕтĕмпех аркатса тăкрĕç, пĕр кĕнеке те, çырмалли пĕр машинка та, пĕр портрет та хăвармарĕç. Пĕтĕмпех пĕтерсе тăкнă, юрăхсăра кăларнă.

Политикăлла хаяр террора пурнăçлама ирĕк илес шутпа правительство конституцире шантарса çырса хунă йĕркесене 90 куна пăрахăçларĕ тата декрет çирĕплетрĕ. Çав декрет тăрăх, правительство халиччен демократилле юхăм усă курма пултарнă питĕ сахал тĕп правăсене те пĕтерет».

Батиста правительствин ирсĕр ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларса, Кубари халăхăн социалистла партийĕ халăха правительство питĕ хаяррăн хĕсĕрленине хирĕç протестлеме тата хăйсен прависене хÿтĕлессишĕн кĕрешĕве вăйлатма чĕнет. «Эпир,—тенĕ заявленире, — «Нотисиас де Ой» хаçата хупнине хирĕç, хĕсĕрленине, тытса хупнине, асаплантарнине хирĕç, конституцире шантарса каланă йĕркесене çĕнĕрен пурнăçа кĕртсе пымалла тăвассишĕн, обществăлла йĕркелĕх çинчен кăларнă закон текенскерне пăрахăçлаттарассишĕн кĕрешме чĕнетпĕр».

### Грецире эмелсен хакне ÿстернĕ

СОФИЯ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари телеграф агентстви Эллас Пресс агентствинчен илнĕ çакăн пек хыпара пĕлтерет: Грецин социальнăй обеспечени министерстви çумĕнчи консультаци совечĕ эмелсен хакĕсен çĕнĕ прейскурантне хатĕрленĕ. Çак прейскурант тăрăх, Грецире эмелсен хакне çĕнĕрен 20—25 процент таран ÿстернĕ.

Грецире хут укçан официаллă курсне чăн хакĕпе танлаштарса чакарнăранпа хальхи вăхăтчен эмелсен хакĕ, юлашки хут ÿстернине шутласан, 50—75 процент ÿснĕ.

### Турцире хаксем ÿсеççĕ

СОФИЯ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари телеграф агентстви çакăн çинчен пĕлтерет:

Турцин экономикăпа суту-илÿ министерстви пичетлесе кăларнă официальнăй сведенисем тăрăх, 1950 çултанпа Турцире маслина хакĕ 125 процент, çĕрулми хакĕ 133 процент, шултра пăрçа хакĕ 100 процент, аш-какай хакĕ 44 процент, сыр хакĕ 30 процент ÿснĕ. Çав вăхăтранпах çĕр кăмрăк хакĕ 55 процент ÿснĕ.

Кунсăр пуçне, кăçал çулталăк пуçланнăранпа хваттер укçине 100 процент, шывшăн тата çутăшăн тÿлемелли хаксене те чылай ÿстернĕ. Тумтир, строительство материалĕсем чылай хакланнă.

### Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн (тăваттăмĕш созыври) пиллĕкмĕш сессине пухасси çинчен

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполнительнăй комитечĕ хула Совечĕн депутачĕсене çакăн çинчен пĕлтерет: 1953 çулхи августăн 10-мĕшĕнче, тунтикун, каçхине 7 сехетре, ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн (тăваттăмĕш созыври) пиллĕкмĕш сессийĕ пухăнать.

Лару КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче (Ленинградски урам, 1-мĕш çурт) пулать.

**Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполнительнăй комитечĕ.**

## Республикăри çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ

Августăн 3-мĕшĕнче çăмăл атлетсен республикăри ăмăртăвĕ вĕçленчĕ. Ăмăртура республикăри çăмăл атлетсем иртнĕ çулхисенчен лайăхрах результатсем кăтартасса кĕтнĕччĕ. Анчах спортсменсем ăмăртăва тивĕçлипе хатĕрленмен пирки спортăн чылай енĕпе республика рекорчĕсене çĕнетсе лайăхлатасси е çĕнĕ рекордсем тăвасси сахал пулчĕ. Çакă стадионра чупмалли е урăх тĕрлĕ спорт мероприятийĕсем ирттермелли участоксем йĕркеллĕ пулманнинчен те килнĕ.

Иккĕмĕш кунхи ăмăрту арçынсем барьерсем урлă сиксе 400 метра ăмăртса чупассипе пуçланчĕ. Çак ăмăртура Çĕрпÿ районĕн представителĕ Ю. Плотников юлташ мала тухрĕ.

Ун хыççăн диск ывăтас тĕлĕшпе ăмăрту пуçланчĕ. Ăмăртăва чылай спортсменсем хутшăнчĕç. Республикăри паллă спортсменка Е. Токарева пуринчен лайăх тĕслĕх кăтартса, пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ.

Сăнă ывăтас тĕлĕшпе пынă ăмăртура арçынсенчен М. Барановский (Шупашкар) начар мар тĕслĕх кăтартса малти вырăна тухрĕ.

Иккĕмĕш кунхи ăмăртусем вĕçленсе пынă чухне спортсменсем çÿлĕрех тата инçерех сикес енĕпе халиччене висĕ рекорда лайăхлатрĕç. Улатăр хулин представителĕ Ф. Горынин 175 сантиметр çÿлĕш сикрĕ, çакă вăл пирĕн республикăн халиччене рекорĕнчен лайăхрах.

Чупса пырса висĕ хут сикес енĕпе халиччене рекорд 12 метр та 83 сантиметр пулнă. Çак ăмăртура Е. Бортников юлташ, 13 метр та 5 сантиметр сиксе, халиччене рекорда лайăхлатрĕ.

«Динамо» спорт обществин представителĕ Т. Соловьева юлташ çÿлĕшне сикес тĕлĕшпе лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл чупса пырса 1 метр та 38 сантиметр çÿлĕш сикрĕ. Унччене рекорда 12 çул каялла М. Гущина тунă пулнă. Вăл 1 метр та 37 сантиметр çÿлĕш сикнĕ.

Сăнă ывăтас тĕлĕшпе те ăмăрту вăйлă иртрĕ. Çак ăмăртура хĕрарăмсенчен «Колхозник» спорт обществи членĕ Г. Юрьева юлташ мала тухрĕ. Тăваттăн çĕршер метра ăмăртса чупас тĕлĕшпе арçынсенчен «Искра» команди, хĕрарăмсенчен — «Энергия» спорт обществин команди мала тухрĕ. 800×400×200×100 дистанциллĕ эстафетăлла чупура арçынсенчен «Колхозник» спорт обществин команди лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. 400×300×200×100 дистанцие ăмăртса чупса, хĕрарăмсенчен, «Энергия» спорт обществин членĕсем мала тухрĕç.

Ăмăрту итогĕсем тăрăх, районсенчен килнĕ командăсенчен — Чкаловски район команди, хуласенчен — Шупашкар хула команди, спорт обществисенчен «Искра» спорт обществин çăмăл атлечĕсем мала тухнă.

### *Футбол*

### РЕСПУБЛИКĂРА МАЛА ТУХАССИШĔН

Августăн 4-мĕшĕнче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн черетлĕ вăййи пулса иртрĕ. «Динамо» спорт обществин футбол командипе «Спартак» спорт обществин команди тĕл пулса выляреç. Вăйă 2:2 шутпа вĕçленчĕ.

# Нефтяниксен çамрăк хулинче

Илемлĕн сарăлса юхакан Кинель шывĕн кăнтăр енче пысăк çĕнĕ суртсем аякранах курăнса лараççĕ. Аслă та хитре урамсем Кинельпе чугун çул хушшипе хĕвеланăçнелле 4—5 çухрăма тăсăлаççĕ. Ку вăл—Похвистнево. Нефтяниксемпе газовиксен çамрăк хули.

Похвистнево районĕ — чăваш районĕ. Кунта пурăнакан халăхсенчен çурри ытла чăвашсем. Районти Вăтам Эверккел, Анат Эверккел, Кĕçĕн Ибрей, Кивĕ Ибрей, Арсиел Султанкăл, Стюхаль, Питтĕпаль ялĕсенче чăвашсем пурăнаççĕ. Çавăн пекех Петровка, Кивĕ Похвистнево ял Совечĕсенче те чăвашсем пурăнакан поселоксем пур.

Районта висĕ хаçат тухса тăрать. Районти хаçатсем иккĕ—«Сталинский колхозник» (вырăсла), «Сталин çулĕпе» (чăвашла) тата «Кинельнефть» трестри нефтяниксен хаçачĕ «Трибуна нефтяника».

* * *

Вуникĕ çул каярах Похвистнево хули пĕчĕк поселок, район центрĕ çеç пулнă. Вăл таврари ытти районсен центрĕсенчен нимĕнпе те уйрăлса тăман.

Вăрçă умĕнхи çулсенче Похвистнево çывăхĕнче нефть тата газ тупрĕç. Хула хăвăртăн ÿсме тытăнчĕ, часах Куйбышев облаçĕнчи промышленность центрĕсенчен пĕри, «Иккĕмĕш Баку» районĕн паллă пункчĕ пулса тăчĕ.

«Нефтьпе газ хули» — çапла калаççĕ халĕ Похвистнево çинчен.

Хула таврашĕнче нефть тупсанах кунта Бакуран нефть пыракан разведчиксем тата нефть кăлармалли шăтăксене пăраласа шăтаракансем килчĕç. Часах Кинель шывĕ тăрăх вышкăсем ÿсе ларчĕç. Скважинăсем нефть чылай нама пуçларĕç. 1947 çулта РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх Похвистнево поселокне хула тесе ят пачĕç. Халĕ Похвистнево Совет Союзĕнчи çамрăк хуласенчен пĕри.

«Кинельнефть» трестри буровой кантурăн директорĕ Толстоухов Сталинла преми лауреачĕ, Ш. Кильдеев, Даряшин, Т. Мытье юлташсем — Совет Союзĕнчи паллă буровой мастерсем. Шагимардан Кильдеевăн бригади ĕçре уйрăмах пысăк çитĕнÿсем турĕ. Вăл кашни уйăхрах пĕр станок пуçне пин метр ытла çĕр «пăраласа шăтарать». Кильдеевпа Даряшин буровой мастерсен бригадисене СССР Союзĕнчи нефть промышленность министерстви çĕршыври чи лайăх буровой бригадисен хисепĕ ятне панă.

Нефть промышленносĕнче чăвашсем чылай ĕçлеççĕ. Уйрăммăнах Апанасовсемпе Мурзюковсен çемйисем чапа тухрĕç. Вĕсем нефть кăларнă çĕрте тата нефть кăлармалли шăтăксене пăраласа шăтарнă çĕрте ĕçлеççĕ. Василий Мурзюков—«Кинельнефть» трестри 1-мĕш нефтепромыслари паллă оператор.

Хулара облаçри газ индустрийĕ аталанса çитĕнчĕ. 1942 çулта Похвистневăпа Куйбышев хушшинчи газопровод ĕçе кĕчĕ. Ăна тунă çĕрте облаçри ĕççыннисем активлă ĕçлерĕç. Халĕ Куйбышевпа Похвистнево хулисенчи вуншар предприятисем газпа—ăшă нумай паракан йÿнĕ топливăпа усă кураççĕ. Куйбышев хулинче темиçе пин хваттере газ кĕртнĕ. Похвистнево хулинче кашни килтех, кашни учреждениере, шкулта, больницăра, предприятире — газ. Куйбышевра газпа çÿрекен автомашинăсем валли газ тултармалли станци тунă. Кун пек станци Похвистневăра та тума палăртнă.

Фургансем тăвакан пĕчĕк мастерской халĕ пысăк обознăй завод пулса тăчĕ. Хулара çавăн пекех строительство материалĕсем туса кăларакан предприятисем, вырăнти промышленность предприятийĕсем чылай, автотранспорт кантурĕсем темиçе.

Хула варрипе чугун çул иртет. Похвистнево витĕр Урала, Инсетри Хĕвелтухăçне, Çĕпĕре, Мускава, çĕршыври ытти хуласене поездсем нумай иртеççĕ. Ятăл çинчи Куйбышев гидроэлектростанцийĕ валли грузсем тиенĕ поездсем вĕçĕмсĕр иртсе тăраççĕ. Чугун çул тăрăх грузсем турттарасси çулсеренех ÿсет. Станцире депо пур. Кунта çĕршыври паллă машинистсенчен пĕри Анатолий Грицай ĕçлет. Вăл йывăр тиенĕ поездсене хăвăрт çÿретекен мастер. Ăна çĕршыври чугун çулсем çинчи чи лайăх машинист ятне панă.

Ÿсет, илемленет Похвистнево. Хулари çĕнĕ урамсемпе кварталсем ÿссе лараççĕ. Урамсем асфальтпа витĕнеççĕ, ешĕл çулçăллă йывăçсен сулхăнĕ айне путаççĕ.

Уйрăмах нефтяниксен поселокĕ илемлĕ. Вăл чугун çулăн çурçĕр енче. Кунта урамсене йăлтах асфальт сарнă, илемлĕ икĕ хутлă çуртсем, магазинсем нумай, клуб, ача сачĕ, ача ясли т. ыт. те пур.

Хула центрĕнче те çĕнĕ çуртсем чылай ÿссе ларчĕç. Кунта çуркунне çеç икĕ хутлă висĕ пысăк çурт туса лартрĕç. Халĕ тата пысăк та илемлĕ висĕ çурт туса пĕтереççĕ, вĕсенчен иккĕшĕ висшер хутлă. Кусем пурте—«Кинельнефть» трестчĕпе «Куйбышевгаз» тресчĕн рабочийĕсем валли хваттерсем.

Чугун çулăн кăнтăр енче—газовиксен поселокĕ. Кунти урамсенче икĕ хутлă çуртсем, ача ясли, шкул, çăкăр завочĕ, магазинсем, столовăй пур. Урамсене асфальт сарнă тата икĕ айккипе те тимĕр юпасем çине шурă абажурлă электролампăсем çакса тухнă. Кунта çĕрле те кăнтăрлахи пекех çутă.

Кăçал хула центрĕнче Культура дворецĕ тума тытăнаççĕ.

Хулара вăтам тата çичĕ çул вĕренмелли шкулсем улттă, тăватă библиотека, пилĕк клуб, висĕ больница, амбулатори ача çуратмалли çурт, ачасемпе хĕрарăмсен консультацийĕ.

Хуларан инçе мар нефтяниксен пионер лагерĕ, нефтяниксен дачисем. Пионер лагерĕнче çуллахи вăхăтра 700 ытла ача канмалла.

Похвистнево хулин клубĕсенче çĕнĕ кинофильмсене кăтартаççĕ, художествăлла пултарулăх коллективĕсен концерчĕсем пулаççĕ, час-часах ытти хуласенчен театрсем килсе каяççĕ. Нумаях пулмасть кунта Чăваш республикин столицинчен—Шупашкартан Чăваш государство академи театрĕпе куçса çÿрекен колхоз театрĕ килсе кайрĕç. Вĕсем Т. Шевченкон «Назар Стодоля», А. Эсхелĕн «Висĕ туй», О. Василевăн «Çĕр çинчи рай» пьесисене кăтартрĕç. Ăшă кăмăлпа кĕтсе илчĕç ĕççыннисем Шупашкартан килнĕ хаклă хăнасене.

**С. ДАНИЛОВ,**
**Районти «Сталин çулĕпе» хаçат редакторĕ.**

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья. — Çĕнĕ вĕренÿ çулне вăхăтра хатĕрленсе çитер.

СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ.

Совет Правительстви США, Великобритани тата Франци Правительствисене Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен панă нотăсем.

**А. Маркин.**—Ĕç нормине куллен тултарса пымалла.

**А. Смирнов.**—Вырăнти промышленность предприятийĕсен ĕçне лайăхлатса пырассишĕн.

**Т. Васильев.** — Колхозсенче хуçасăрлăха хирĕç кĕрешмелле.

Ют çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

### КИНО

«РОДИНА»—августăн 6-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Малахов курган», ытти сеанссенче—Болгарире ÿкернĕ илемлĕ çĕнĕ фильм «Под игом». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

«ЭЛЕКТРИК» КЛУБĔ — августăн 6-мĕшĕнче «Под игом».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09301 — Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. — Тираж 20.000 экз.